*Пĕтĕм тĕнчери пролетарисем, пĕрлешĕр!*




# КОММУНИЗМ ЯЛАВĔ

КПСС Чăваш обкомĕпе Чăваш АССР Верховнăй Совечĕн тата Министрсен Совечĕн органĕ

Орган Чувашского обкома КПСС, Верховного Совета и Совета Министров Чувашской АССР

№ 26 (20159) • Юнкун, 1990 çулхи январĕн 31-мĕшĕ • Хаçат 1918 çулхи февральтенпе тухать • Хакĕ 3 пус

## Кадрсемпе ĕçлесси — тĕп ыйту

### Парти комитечĕсен çакна ялан асра тытмалла

В. И. Ленин çапла палăртнă: политика çынсем урлă пурнăçа кĕрсе пырать. Политикăллă тĕрĕс çул-йĕр туса хатĕрленĕ, черетлĕ задачăсем палăртнă хыççăн ĕç ăнăçлăхĕ кадрсенчен, вĕсен активлăхĕпе ответлăхĕнчен, пуçарулăхĕнчен, организаторла ĕçĕнчен килет. Обществăра пурнăçа таранкăн çĕнетсе пырас тесе Коммунистсен партийĕн парти ĕçне, кадрсен ĕçне çĕнĕлле йĕркелеме хушать. Ку вăл мĕнпур сыпăксенче парти пурнăçĕн ленинла принципĕсемпе нормисене творчествăлла ăнланма, пурнăçа кĕртсе пыма кирлине пĕлтерет.

Пирĕн республикăри парти комитечĕсенчен чылайăшĕ кадр-политикин ленинла принципĕсене çирĕп тытса пырать, кадрсем суйласа илнĕ, вĕсене вырнаçтарса тухнă тата воспитани панă чухне парти хушки-йĕркине çине тăрса пурнăçлать. КПСС Шупашкар хула комитечĕ, Шупашкар, Патăръел, Хĕрлĕ Чутай райкомĕсем, акă, хуçалăхпа культура аталанăвĕн мĕнпур участокĕсене политика тĕлĕшĕнчен пиçĕхнĕ, хăйсен ĕçне лайăх пĕлекен, нравственность тĕлĕшĕнчен çӳлте тăракан, массăсем хушшинче авторитет илнĕ, руководительсем ертсе пычăр тесе нумай тăрăшаççĕ.

Партин Йĕпреç райкомĕ кадрсемпе ĕçлес енĕпе пысăк опыт пухнă. Кунта ертсе пыракан работниксене аттестацилессине аван йĕркеленĕ. Виçĕ аттестаци комиссийĕ ĕçлет. Вĕсене парти райкомĕн секретарĕсем ертсе пыраççĕ. Аттестаци умĕн вăл е ку руководитель пирки коллектив членĕсен шухăшне ыйтса пĕлеççĕ, çавна май коллективсенче анкетăсем валеççе параççĕ. Аттестациленĕ çынсен характеристикине КПСС райкомĕн бюровĕ çирĕплетет.

Кадрсене ертсе пырас ĕçе уйăрса лартма суйласа илес енĕпе КПСС Муркаш райкомĕ пĕлсе ĕçлет. Кунта кадрсем вĕрентсе хатĕрлемелли, вĕсене çирĕплетсе хăвармалли система туса хунă. Ертсе пыракан работниксене пур çĕрте те суйлаççĕ, вĕсем хушшинче конкурс ирттереççĕ. Районта колхозсемпе совхозсен творчествăлла шухăшлакан хастарлă корпусне туса хунă. Апла пулин те, палăртнă КПСС обкомĕн бюровĕ, хуçалăхсен, предприятисен, организацисен шайĕнче кадрсем суйласа илес, вĕсене вырнаçтарса тухас ĕçре уççăнлăх вăраххăн çирĕпленсе пырать-ха, хăшпĕр çĕрте ертсе пыракан кадрсене ĕçрен хăтарни е урăх ĕçе куçарни çинчен туллин пĕлтерсе тăмаççĕ.

Кадрсемпе тивĕçлипе ĕçлемен парти комитечĕсем те пур. Нумаях пулмасть, сăмахран, КПСС обкомĕн бюровĕ партин Етĕрне райкомĕ халĕта пĕрентес системăри [illegible] ертсе пынине сӳтсе явнă. Çак-ĕçре çитменлĕхсем нумай. Парти райкомĕ шкулти парторганизацисен структурине пăхлатас, педагог-коммунистсен активлăхĕпе ответлăхне ӳстерес, вĕсене ĕçе вырнаçтарас, воспитани парас енĕпе çителĕксĕр ĕçлет. Ертсе пыракан кадрсем нумай улшăнса тăраççĕ. Виçĕ çул хушшинче тĕрлĕ сăлтавсене пула шкул директорĕсемпе вĕсен заместителĕсен, класс тата шкул тулашĕнчи ĕç организаторĕсен 50—60 проценчĕ улшăннă.

Пăшăрхантаракан тĕслĕхсем татах та пур. КПСС Шăмăршă райкомĕ, акă, «За коммунизм» колхоз правленийĕпе партбюрои çак ĕçре пысăк çитменлĕхсем пуррине палăртнă. Вĕсем кадрсемпе пĕр тĕллевлĕн, планпа палăртнине шута илсе ĕçлемен çук. Вăтам сыпăкри кадрсем, тĕп специалистсем вĕçĕмех улшăнса тăраççĕ. Кадрсен резервне туман. Зооветспециалистсемпе ферма заведующийĕсем [illegible]

## ĂМĂРТУРА МАЛТА ПЫРАКАНСЕМ



Куславкка районĕнчи «50 лет Октября» совхозра çуракине тимлĕ хатĕрленеççĕ. Ӳкерчĕк çинче (сулахайран сылтăмалла) Василий Рожков, Николай Козлов, Алексей Колесников, Герман Ионов, Павел Варсонофьев, Владимир Смирнов, Герман Хорьков, Владимир Самолетов механизаторсене куратăр. Вĕсем хăйсене шанса панă техникăна яланах юсавлă тытаççĕ, çунтармалли-сĕрмелли материалсемпе перекетлĕ усă кураççĕ.

Ю. Дмитриев фотоӳкерчĕкĕ.

## ИРТТЕРСЕ ТУЛТАРНĂ

Элĕкри улма-çырлапа пахчаçимĕç комбиначĕн коллективĕ вуникĕмĕш пилĕкçуллăхăн тăваттăмĕш çулĕнче тухăçлă ĕçлерĕ, планпа пăхнă 1175 пин тенкĕ вырăнне 1254,1 пин тенкĕлĕх продукци туса кăларчĕ, çулталăкри плана 106,9 процент тултарчĕ.

Печенипе премĕк пĕçерекен цехра нумай çул хушши Л. Николаевăпа М. Парамонова ертсе пыракан бригадăсем тăрăшаççĕ. 1989 çулта вĕсем плана пăхнă 250 тонна вырăнне 345 тонна печенипе пĕремĕк пĕçернĕ.

Консерва цехĕнче ĕçлекенсем те лайăх тĕслĕх кăтартаççĕ. Л. Федоровăпа М. Яковлева ертсе пыракан бригадăсен членĕсем, банкăсене хупласа пыракан М. Обаковăпа Т. Евдокимова тата ыттисем ăста та тăрăшуллă. Вĕсем плана пăхнă 400 пин условлă банка вырăнне 545 пин условлă банка консервланă.

*Суйлав умĕн*

## ХАЛĂХПА ПĔРЛЕ

СССР Верховнăй Совечĕн депутачĕ Елчĕк районĕнчи «Слава» колхозри А. А. Димитрев механизатор. Патăрьеленче тата ытти ялсенче пулса, суйлавçăсене часчасах йышăнать. Акă, январĕн 19-мĕшĕнче вăл Первомайски ял Совечĕн сессине хутшăнчĕ. Пĕр кун маларах район центрĕнчи суйлавçăсене йышăнчĕ. Çак кун 20 суйлавçă пулчĕ ун патĕнче.

Хăшпĕрисем вутăпа, çĕркăмрăкпа тивĕçтермешкĕн пулăшма ыйтрĕç. Ялти сутуилĕве лайăхлатас ыйтăва та çивĕч хускатрĕç.

Тепĕр кунне А. Димитрев 7-мĕш профтехучилищĕре ĕçлекенсемпе тата вĕренекенсемпе тĕл пулчĕ, вĕсен пурнăçĕпе тата ĕçĕ-хĕлĕпе паллашрĕ. Алексей Александрович суйлавçăсемшĕн тăрăшма куç умĕнчех. Тĕслĕхрен, вăл мана та утă-улăм туянма, мунчана юсама 2 кубометр йывăç тупса пама пулăшрĕ. Çакăншăн депутата тав тăватăп.

М. СПИНОВ.

## ЯЛ ÇĔНЕЛЕТ

Турхан ялĕ район центрĕнчен 18 километрта вырнаçнă. Икĕ çул каялла унта çитме çăмалах марччĕ. Уйрăмах çуркунне, кĕркунне çул çинче пылчăк çăралнă. Автобуссем те çулла кăна çӳретчĕ. Халĕ район центрĕнчен Турхана çитиччен асфальт сарнă çул. Такăр çул [illegible]

биль, тракторсем уйăрнă.

Куç умĕнчех çĕнелет Турхан. Ялта çĕнĕ çуртсем çĕкленеççĕ. «Россия» колхоз правленийĕ çĕнĕ пысăк çурта куçнă. Унта халĕ ял Совечĕ, почта уйрăмĕ вырнаçнă, сад-ясли, аптека çуртĕ çĕнĕ колхоз хăй вăйĕпе туса лартнă. Асăннă объектсене [illegible]

сĕ. Çитес çулсенче Турхан [illegible] Улпамса ялне çитиччен асфальтлă çул хывма, участокри больницăн çĕнĕ çуртне, Культура çуртне туса лартма палăртнă. Паллах, ырă ĕçсен пуçаруçи — колхоз председателĕ Николай Федорович Ляпкин. 112-мĕш Турхан суйлав округĕ тăрăх вăл Чăваш АССР халăх депутачĕ пулма кандидата тăратнă. Ляпкин 40 çула та çитмен-ха. КПСС членĕ, аслă пĕлӳ илнĕ. Шăхач ялĕн [illegible]

*Чăваш АССР Верховнăй Совечĕн Президиумĕн*

## УКАЗĔ

### В. С. КРАСНОВ ЮЛТАША ЧĂВАШ АССР АПАТ-ÇИМĔÇ ТАТА ПРОДУКЦИ СУТĂН ИЛЕС ĔÇ МИНИСТРĔ ПУЛМА УЙĂРСА ЛАРТАССИ ÇИНЧЕН

Чăваш АССР Верховнăй Совечĕн Президиумĕ çапла йышăнать:

Валериан Семенович Краснов юлташа Чăваш АССР апат-çимĕç тата продукци сутăн илес ĕç министрĕ пулма уйăрса лартас.

Чăваш АССР Верховнăй Совечĕн Президиумĕн Председателĕ А. ЛЕОНТЬЕВ.

Чăваш АССР Верховнăй Совечĕн Президиумĕн Секретарĕ И. СТЕКОЛЬЩИКОВА.

Шупашкар хули, 1990 çулхи январĕн 30-мĕшĕ.

* * *

Валериан Семенович Краснов 1938 çулта çуралнă, чăваш, 1963 çултанпа КПСС членĕ, аслă пĕлӳ илнĕ. 1963 çулта Чăваш ялхуçалăх институтĕнчен вĕренсе тухнă. Ялхуçалăх наукисен кандидачĕ.

Хăйĕн ĕç биографине 1956 çулта Муркаш районĕнчи «Колос» колхозра колхозникра пуçланă. 1957—1964 çулсенче Улатăр районĕнчи Кире вăрман комбинатĕнче электромонтер, Мари АССРĕнчи Горномарийски районĕнче «Юринский» совхоз агрономĕ пулса ĕçленĕ. 1964—1974 çулсенче Муркаш районĕнче колхоз председателĕнче, «Передовик» совхоз директорĕнче ĕçленĕ. 1974—1979 çулсенче — районти ялхуçалăх управленийĕн начальникĕ, халăх депутачĕсен Муркаш район Совечĕн ĕçтăвкомĕн председателĕ. 1979 çултанпа — КПСС Муркаш райкомĕн пĕрремĕш секретарĕ.

*Чăваш АССР Верховнăй Совечĕн Президиумĕнче*

Чăваш совет музыка искусствинчи тава тивĕçлĕ ĕçсемшĕн Чăваш АССР Верховнăй Совечĕн Президиумĕ Петр Васильевич Петрова — Чăваш государство музыка театрĕн оркестрĕн артистне — «Чăваш АССР культурăн тава тивĕçлĕ работникĕ» хисеплĕ ят панă.

### КПСС ЧĂВАШ ОБКОМĔН СЕКРЕТАРĔСЕМ, ПАЙ ЗАВЕДУЮЩИЙĔСЕМ, ПАЙ ЗАВЕДУЮЩИЙĔСЕН ЗАМЕСТИТЕЛĔСЕМ 1990 ÇУЛХИ ФЕВРАЛЬ УЙĂХĔНЧЕ ĔÇÇЫННИСЕНЕ ХАРПĂР ХĂЙ ЫЙТĂВĔСЕМПЕ ЙЫШĂНМАЛЛИ

## ГРАФИК

| Кунсем | Ячĕ, ашшĕ ячĕ, хушамачĕ | Кам пулса ĕçлет |
|---|---|---|
| 1. | К. Л. Валицкая | организациллĕ-партиллĕ ĕçпе кадрсен ĕçĕн пайĕн заведующийĕ |
| 2. | [illegible] | КПСС обкомĕ çумĕнчи парти контроль комиссийĕн [illegible] |
| 3. | Э. Д. Кондратьев | пĕтĕмĕшле пай заведующийĕ |
| 5. | Г. Н. Волков | КПСС обкомĕн иккĕмĕш секретарĕ |
| 6. | Б. М. Яковлев | социаллă пурнăçпа экономика пайĕн заведующийĕ |
| 7. | М. И. Федотов | организациллĕ-партиллĕ ĕçпе кадрсен ĕçĕн пайĕн заведующийĕн заместителĕ |
| 8. | Н. М. Сереdenков | КПСС обкомĕн инспекторĕ |
| 9. | Н. В. Пыркин | идеологи пайĕн заведующийĕ |
| 10. | А. И. Овчинников | государство-право пайĕн заведующийĕ |
| 12. | Д. Ф. Семенов | КПСС обкомĕн секретарĕ |
| 13. | И. В. Пугачев | КПСС обкомĕ çумĕнчи парти контроль комиссийĕн председателĕ |
| 14. | Г. Н. Плечов | идеологи пайĕн заведующийĕн пĕрре[illegible] |

комӗн бюровӗ çирӗплетсе...

Кадрсене ертсе пырас ӗçе уйӑрса партма суйласа илес енӗпе КПСС Муркаш райкомӗ пӗлсе ӗçлет. Кунта кадрсем вӗрентсе хатӗрлемелли, вӗсене çирӗплетсе хӑвармалли система туса хунӑ. Ертсе пыракан работниксене пур çӗрте те суйлаççӗ. Районта колхозсемпе вӗсем хушшинче конкурс ирттереççӗ. Районта колхозсемпе совхозсен творчествӑлла шухӑшлакан хастарлӑ корпусне туса хунӑ. Апла пулин те, палӑртнӑ КПСС обкомӗн бюровӗ, хуçалӑхсен, предприятисен, организацисен шайӗнче кадрсем суйласа илес, вӗсене вырнаçтарса тухас ӗçре уççӑнлӑх вӑраххӑн çирӗпленсе пырать-ха, хӑшпӗр çӗрте ертсе пыракан кадрсене ӗçрен хӑтарни е урӑх ӗçе куçарни çинчен туллин пӗлтерсе тӑмаççӗ.

Кадрсемпе тивӗçлипе ӗçлемен парти комитечӗсем те пур. Нумаях пулмасть, сӑмахран, КПСС обкомӗн бюровӗ партин [illegible] ертсе пынине сӳтсе явнӑ. Çак ӗçре ҫитменлӗхсем нумай. Парти райкомӗ шкулти парторганизацисен структурине лайӑхлатас, педагог-коммунистсен активлӑхӗпе ответлӑхне ӳстерес, вӗсене ӗçе вырнаçтарас, воспитани парас енӗпе çитерес, вӗсене ӗçе вырнаçтарас, воспитани парас енӗпе çитересле ӗçлет. Ертсе пыракан кадрсем нумай улшӑнса тӑраççӗ. Виçӗ çул хушшинче тӗрлӗ сӑлтавсене пула шкул директорӗсемпе вӗсен заместителӗсен, класс тата шкул тулашӗнчи ӗç организаторӗсен 50—60 проценчӗ улшӑннӑ.

Пашӑрхантаракан тӗслӗхсем татах та пур. КПСС Шӑмӑршӑ райкомӗ, акӑ, «За коммунизм» колхоз правленийӗпе партбюрон çак ӗçре пысӑк çитменлӗхсем пуррине палӑртнӑ. Вӗсем кадрсемпе пӗр тӗллевлӗн, планпа палӑртнине шута илсе ӗçлени çук. Вӑтам сыпӑкри кадрсем, тӗп специалистсем вӗçӗмех улшӑнса тӑраççӗ. Кадрсен резервне туман. Зооветспециалистсемпе ферма заведующийӗсем улшӑнса тӑнине пула учетпа отчет ӗçне, ӑратлӑха лайӑхлатас ӗçе япӑхлатнӑ. Çавна пула кӑтартусем начар. Колхоз государство умӗнче 7 миллион тенкӗлӗх парӑма кӗнӗ. Партбюро администраци ӗçне контроллемелли правӑпа япӑх усӑ курать. Колхозниксен ӗçпе йӑла условийӗсене лайӑхлатас енӗпе нимӗнле улшӑнусем те çук. Парти райкомӗн бюровӗ кадрсемпе ӗçлес ыйтӑва хакламаншӑн парторганизаци секретарьне Г. Н. Измайлова, колхоз председательне О. Н. Малеева парти енчен çирӗп ответ тыттарнӑ.

Юлашки вӑхӑтра Çӗмӗрле районӗнчи «Алгашинский» совхозри партком та кадр политикине пурнӑçа кӗртес енӗпе активлӑх кӑтартмасть. Хуçалӑхра механизаторсем, уй-хирте ӗçлекенсем, пахчаçимӗç ӳстерекенсем, строительсем çитмеççӗ. Ял ӗçченӗсем хушшинчи вӗренӗве тивӗçлипе йӗркелемен. Партком кадрсен политикӑпа теори пӗлӗвӗн шайне ӳстерес енӗпе мӗн кирлине пӗтӗмпех тумасть. Кадрсене аттестацилессине те хакламаççӗ.

Кирек мӗнле айӑпшӑн та руководитель малтан партин пуçламӑш организацийӗ умӗнче ответ тытма тивӗç. Анчах çакна парти комитечӗсем пур чухне те çирӗп пурнӑçласа пымаççӗха. «Шупашкарти электроаппаратура завочӗ» пӗрлешӳри партком, акӑ, коммунистсене парти енчен ответ тыттарнине цехри коммунистсем пӗлмесӗрех юлаççӗ. Парти комитечӗсен коммунистсемпе кадрсене воспитани парас, партипе государство дисциплинине çирӗплетес ӗçре парти енчен ответ тыттарнин пӗлтерӗшне пур майсемпе те ӳстерсе пымалла. Ку енӗпе парти енчен ответ тыттарнӑ коммунистсен отчетне итлени пысӑк пӗлтерӗшлӗ.

Пурнӑç кӑтартса панӑ тӑрӑх, парти комитечӗсем çӳлерех вырӑна уйӑрса лартмалли çынсене пур енчен те тӗплӗн пӗлсе тӑрсан кӑна кадр политикинче лайӑх улшӑну тума пулать. Юлашки çулсенче партин область организацийӗнче кадрсен резервӗпе ӗçлесси лайӑхланнӑ. Кунта парти обкомӗнче, хула комитечӗсемпе райкомӗсенче кадрсемпе ӗçлекен координаци совечӗ туса хуни пысӑк пӗлтерӗшлӗ. Çапах та çитменлӗхсем сахал мар. Ертсе пырас ӗçе час-часах çынсене чӑн-чӑн резервран мар, хут çинчи резервран уйӑрса лартаççӗ. Хӑшпӗр çӗрте кадрсене тӗплӗн пӗлсе çитме аттестацие витӗмлӗ усӑ курни çук.

Кирек хӑш вырӑнти руководителӗн те кадрсен резервне хатӗрлес ыйтупа ытларах ӗçлес пулать. Халлӗхе çакӑн пек тӗслӗхсем те пур-ха: ертсе пыракансенчен хӑшпӗрисем пуçарулӑх кӑтартакан, ыйтусене хӑйсем тӗллӗн татса пама тӑрӑшакан, шухӑшлакан, çӗннишӗн çунакан çынсене тӳсме пултараймаççӗ. Тӗрлӗрен сӑлтавсем тупса, вӗсенчен хӑтӑлма тӑрӑшаççӗ. Çавна пула кадрсем тӗлӗшпе йывӑрлӑхсем тухса тӑраççӗ, пултаруллӑ çынсене ӗçре ӳстерсе пырас йӗрке пӑсӑлать. Ертсе пырас ӗçе пысӑк квалификациллӗ специалистсене, хӗрарӑмсене, çамрӑксене, нацисен республикӑра пурӑнакан представителӗсене уйӑрса лартни пысӑк пӗлтерӗшлӗ. Парти комитечӗсен ку енӗпе хӑйсен ӗç стилӗпе меслечӗсене лайӑхлатмалла кӑна мар, совет, хуçалӑх органӗсемпе общество организацийӗсем те çапла туччӑр тесе тӑрӑшмалла.

Кадрсен политика вӗренӗвне йӗркелесси — тӗп ыйтусенчен пӗри. Çав вӗренӳ кадрсен идея ӗненӳлӗхне, партиллӗ принциплӑхне ӳстерме, ертсе пырас ӗçре ленинла стиле алла илме пулӑштӑр. Пухусенче, парткомсемпе партбюросен ларӑвӗсенче, КПСС хула комитечӗсемпе райкомӗсен бюровӗсемпе пленумӗсенче коммунист-руководительсен отчечӗсене итлени, партин пуçламӑш организацийӗсен пухӑвӗсенче характеристикӑсем çирӗплетни, кадрсене аттестацилени ӗçе лайӑхлатма пулӑшӗ.

Парти комитечӗсен хальхи вӑхӑтри тӗп задачи вӑл — кадр политикине çӗнетсе лайӑхлатасси. Ку вӑл чӑннипех активлӑ, пысӑк тӗллевлӗ, социаллӑ пурнӑçпа экономика аталанӑвне хӑвӑрлатассишӗн пыракан тӗп çул-йӗрпе тачӑ çыхӑннӑ политика пултӑр. Çак ӗçе КПСС XXVII съезчӗн, партин Пӗтӗм Союзри XIX конференцийӗн решенийӗсене шута илсе туса пымалла.

чаçимӗç комбиначӗн коллективӗ вунӑйккӗмӗш пилӗкçуллӑхӑн тӑваттӑмӗш çулӗнче тухӑçлӑ ӗçлерӗ, планпа пӑхнӑ 1175 пин тенкӗ вырӑнне 1254,1 пин тенкӗлӗх продукци туса кӑларчӗ, çулталӑкри плана 106,9 процент тултарчӗ.

Печенипе пӗремӗк пӗçерекен цехра нумай çул хушши Л. Николаевӑпа М. Парамонова ертсе пыракан бригадӑсем тӑрӑшаççӗ. 1989 çулта вӗсем планпа пӑхнӑ 250 тонна вырӑнне 345 тонна печенипе пӗремӗк пӗçерчӗ.

Консерва цехӗнче ӗçлекенсем те лайӑх тӗслӗх кӑтартаççӗ. Л. Федоровӑпа М. Яковлева ертсе пыракан бригадӑсен членӗсем, банкӑсене хупласа пыракан М. Обаковӑпа Т. Евдокимова тата ыттисем ӑста та тӑрӑшуллӑ. Вӗсем планпа пӑхнӑ 400 пин условнӑй банка вырӑнне 545 пин условнӑй банка консервланӑ.

Комбинат иртнӗ çул кисель, пылак шыв туса кӑлармалли плансене ирттерсе тултарнӑ.

**Г. ПЛАСКИН.**

## ВӐРЛӐХ ХАТӖР

Куславкка районӗнчи «50 лет Октября» совхоз ӗçченӗсем çуракинче акмалли вӑрлӑха кондицие çитерчӗ.

«Неосыпающийся-1» тата «куйбышевский» сорт пӑрçа пӗтӗмпех пӗррремӗшпе иккӗмӗш класлӑ. Кунсӑр пуçне — тырӑ складне пӗрремӗшпе иккӗмӗш класлӑ 77 тонна сӗлӗ, 65 тонна урпа, 6 тонна хуратул хывнӑ.

Çӗрулмине туса илекенсемшӗн иртнӗ çул ӑнӑççӑр пулчӗ. Кӳршӗри совхозсенчен туртттарса килнӗ «невский» сорта пӗтӗмпех сортлама тиврӗ. Н. Остошков, Л. Сапожников, С. Сапожников, М. Анисимов, В. Краснов рабочисем кунта ырӑ тӗслӗх кӑтартрӗç. **В. МИШУТКИН.**

Димитрев механизатор, Патӑръеленче тата ытти ялсенче пулса, суйлавçӑсене час-часах йышӑнать. Акӑ, январӗн 19-мӗшӗнче вӑл Первомайски ял Советӗн сессине хутшӑнчӗ. Пӗр кун маларах район центрӗнчи суйлавçӑсене йышӑнчӗ. Çак кун 20 суйлавçӑ пулчӗ ун патӗнче.

Хӑшпӗрисем вутӑпа, çӗркӑмракпа тивӗçтермешкӗн пулӑшма ыйтрӗç. Ялти сутуилӗве лайӑхлатас ыйтӑва та çивӗч хускатрӗç.

Тепӗр кунне А. Димитрев 7-мӗш профтехучилищӗре ӗçлекенсемпе тата вӗренекенсемпе тӗл пулчӗ, вӗсен пурнӑçӗпе тата ӗçӗ-хӗлӗпе паллашрӗ. Алексей Александрович суйлавçӑсемшӗн тӑрӑшни куç умӗнчех. Тӗслӗхрен, вӑл мана та утӑ-улӑм тупма, мунчана юсама 2 кубометр йывӑç тупса пама пулӑшрӗ. Çакӑншӑн депутата тав тӑватӑп.

**М. СПИНОВ.**

## ЯЛ ÇӖНЕЛЕТ

Турхан ялӗ район центрӗнчен 18 километрта вырнаçнӑ. Икӗ çул каялла унта çитме çӑмӑлах марччӗ. Уйрӑмах çуркунне, кӗркунне çул çинче пылчӑк çаралнӑ. Автобуссем те çулла кӑна çӳренӗ. Халӗ район центрӗнчен Турхана çитиччен асфальт сарнӑ çул. Такӑр çулпа Патӑръелӗнчен кӑна мар, Шупашкартан та автобуссем çӳреççӗ. Асфальт сарма çулйӗр участокӗсем кӑна мар, «Россия» колхоз та чылай укçа-тенкӗ хывнӑ, автомобиль, тракторсем уйӑрнӑ.

Куç умӗнчех çӗнелет Турхан. Ялта çӗнӗ çуртсем çӗкленеççӗ. «Россия» колхоз правленийӗ çӗнӗ пысӑк çуртра куçнӑ. Унта халӗ ял Совечӗ, почта уйрӑме вырнаçнӑ, сад-ясли, аптека çурчӗсене колхоз хӑй вӑйӗпе туса лартнӑ. Асӑннӑ объектсене тунӑ çӗрте колхозри каменщиксем, платниксем тӑрӑшса ӗçленӗ.

Колхоз правленийӗ, партком, профком ялта çуртсем лартасси çине тимлӗ пӑхаççӗ. Çитес çулсенче Турхан ялӗн аслӑ урамӗсене тата Упамса ялне çитиччен асфальтлӑ çул хывма, участокри больницӑн çӗнӗ çуртне, Культура çуртне туса лартма палӑртнӑ. Паллах, ырӑ ӗçсен пуçаруçи — колхоз председателӗ Николай Федорович Ляпкин. 112-мӗш Турхан суйлав округӗ тӑрӑх ӑна Чӑваш АССР халӑх депутачӗ пулма кандидата тӑратнӑ. Ляпкин 40 çула та çитмен-ха. КПСС членӗ, аслӑ пӗлӳ илнӗ. Шӑхач ялӗнче пурӑнать. «Тивӗçлӗ кандидат» теççӗ суйлавçӑсем ун пирки.

**С. МИХАЙЛОВ.**
Патӑръел районӗ.

## ЛАЙӐХХИПЕ ПӖРЛЕХ...

Кивӗ Атикасси — çырмаçатраллӑ ял. Темиçе çул каялла ял çыннисем пӗр енчен тепӗр енне тарӑн çырма урлӑ йывӑç кӗперпе каçса çӳренӗ, халӗ унта тапра тултарнӑ, шыв юхма аялла пысӑк пӑрӑх хунӑ. Çуллахи уяр кунсенче кунти урамсенче шӑп. Çынсем уйра е вӑрманта утӑ çулнӑ, милӗк каснӑ. Анкартисемпе хуралтӑсем çумӗпе ешерекен панулми йывӑççисем пӗтӗм таврана хупласа тӑратчӗç.

Акӑ эпир, Константин Моисеевич Борисовпа, урампа утса пыратпӑр. Ял варринче, шоссе хӗрринче ларакан çыхӑну уйрӑмӗн çурчӗ тӗлне çитсен, юлташӑм чарӑнса тӑчӗ.

— Çак çурт çӗр çул ытла ларать, кунта унчченхӗрех çул хушши ачасем вӗреннӗ. 1935 çулта Кивӗ Атикассинче çӗнӗ шкул çурчӗ лартсан, ачасене унта куçарнӑ, çак пӗчӗк çуртран çыхӑну уйрӑмӗ туса хунӑ, — терӗ вӑл, — пурнӑç улшӑнса пынӑ май, кунта перекет касси те вырӑн тупнӑ.

Çыхӑну çуртне урам енчен пӗчӗк алакран кӗретпӗр. Кунта ӗçлекенсен çулӗ те çакӑнтан пуçланать. Анчах, килнӗ хӑнасене йышӑнмалли пӳлӗм тӑвӑр, ниçта ларса тӑма та вырӑн çук. Хӗллехи вӑхӑтра пӳртре çав тери сивӗ, сӗрӗк-çурӑкӑн мӗн ӑшши пултӑр ӗнтӗ. Халӗ кунта ӗçлекенсем кӗрӗк, тӑлӑп тӑхӑнса лараççӗ. Хӗрлӗ Чутай районӗнчи çыхӑну уйрӑмӗн начальникӗ çакӑн пирки мӗн шутлать-ши? Чӑваш АССР Министрсен Совечӗ çыхӑну учрежденийӗсене лайӑх çуртсемпе тивӗçтермелли çинчен постановлени йышӑнни çинчен манас марччӗ.

Сталин самани вӑхӑтӗнче нумай-нумай ыйтӑва татса паман, çынсен пурнӑç, ӗç условийӗсене лайӑхлатма, вӗсемпӗн тӑрӑшма манса кайнӑ. Çак йӑнӑша халӗ тӳрлетесчӗ.

**Л. МОРОЗОВ.**
обществӑлла корреспондент.
Хӗрлӗ Чутай районӗ.

КПСС ОБКОМӖН СЕКРЕТАРӖСЕМ, ПАЙ ЗАВЕДУЮЩИЙӖСЕМ, ПАЙ ЗАВЕДУЮЩИЙӖСЕН ЗАМЕСТИТЕЛӖСЕМ 1990 ÇУЛХИ ФЕВРАЛЬ УЙӐХӖНЧЕ ӖÇÇЫННИСЕНЕ ХАРПӐР ХАЙ ЫЙТӐВӖСЕМПЕ ЙЫШӐНМАЛЛИ

## ГРАФИК

| Кунсем | Ячӗ, ашшӗ ячӗ, хушамачӗ | Кам пулса ӗçлет |
|---|---|---|
| 1. | К. Л. Валицкая | организациллӗ-партиллӗ ӗçпе кадрсен ӗçӗн пайӗн заведующийӗ |
| 2. | [illegible] | КПСС обкомӗн çумӗнчи парти контроль комиссийӗн председателӗ |
| 3. | Э. Д. Кондратьев | пӗтӗмӗшле пай заведующийӗ |
| 5. | Г. Н. Волков | КПСС обкомӗн иккӗмӗш секретарӗ |
| 6. | Б. М. Яковлев | социаллӑ пурнӑçпа экономика пайӗн заведующийӗ |
| 7. | М. И. Федотов | организациллӗ-партиллӗ ӗçпе кадрсен ӗçӗн пайӗн заведующийӗн заместителӗ |
| 8. | Н. М. Середенков | КПСС обкомӗн инспекторӗ |
| 9. | Н. В. Пыркин | идеологи пайӗн заведующийӗ |
| 10. | А. И. Овчинников | государство-право пайӗн заведующийӗ |
| 12. | Д. Ф. Семенов | КПСС обкомӗн секретарӗ |
| 13. | И. В. Пугачев | КПСС обкомӗ çумӗнчи парти контроль комиссийӗн председателӗ |
| 14. | Г. Н. Плечов | идеологи пайӗн заведущийӗн пӗрремӗш заместителӗ |
| 15. | М. С. Алексеев | КПСС обкомӗн ӗçӗсен управляющийӗн заместителӗ |
| 16. | К. Л. Валицкая | организациллӗ-партиллӗ ӗçпе кадрсен ӗçӗн пайӗн заведующийӗ |
| 17. | Э. Д. Кондратьев | пӗтӗмӗшле пай заведующийӗ |
| 19. | М. Я. Якимов | КПСС обкомӗн секретарӗ |
| 20. | А. М. Казаков | социаллӑ пурнӑçпа экономика пайӗн заведующийӗн заместителӗ |
| 21. | Б. М. Яковлев | социаллӑ пурнӑçпа экономика пайӗн заведующийӗ |
| 22. | Ю. К. Марков | организациллӗ-партиллӗ ӗçпе кадрсен ӗçӗн пайӗн заведующийӗн заместителӗ |
| 23. | О. Г. Денисова | идеологи пайӗн заведующийӗн заместителӗ |
| 24. | А. И. Овчинников | государство-право пайӗн заведующийӗ |
| 26. | В. С. Шурчанов | КПСС обкомӗн секретарӗ |
| 27. | Н. В. Пыркин | идеологи пайӗн заведующийӗ |
| 28. | А. Д. Семенов | социаллӑ пурнӑçпа экономика пайӗн заведующийӗн заместителӗ |

КПСС обкомӗнче йышӑнаççӗ. Йышӑнӑва пымашкӑн маларах 22-21-31 телефонпа, пӗрремӗш секретарь патне йышӑнӑва пымашкӑн 22-40-75 телефонпа шӑнкӑравласа çырӑнмалла.

Йышӑну вӑхӑчӗ: ӗç кунӗсенче 14 сехетрен пуçласа; тӳрӗ çыхӑну 11 сехетрен пуçласа 13 сехетчен 22-46-79, 22-55-70 телефонсемпе пулать. Шӑматкунсенче 10 сехетрен пуçласа 14 сехетчен йышӑнаççӗ, тӳрӗ çыхӑну — 8 сехет те 30 минутран пуçласа 10 сехетчен.

## ЖУРНАЛИСТСЕН ÇӖНЕТӲРИ ВЫРӐНӖ

Ӗнер Шупашкарта, Пичет çуртӗнче, Чӑваш АССР Журналистсен союзӗн XII съезчӗ пулса иртнӗ. Унӑн ӗçне журналистсем, пичет, радиопа телевидени ветеранӗсем хутшӑннӑ.

Съезд Чӑваш АССР Журналистсен союзӗн правленийӗн председателӗ, республикӑри «Советская Чувашия» хаçат редакторӗ И. П. Кириллов Журналистсен союзӗн правленийӗ отчетлӑ тапхӑрта мӗнле ӗçлени çинчен тунӑ доклада итленӗ.

Ревизи комиссийӗ отчет туса панӑ.

Чӑваш АССР Журналистсен союзӗн XI съезчӗ пулнӑранпа виçӗ çул иртрӗ. Ку вӑл çӗр-шыв, общество пурнӑçӗнче пысӑк улшӑнусен тапхӑрӗ пулчӗ. Республикӑри журналистсем çӗнетӗве еплерех хутшӑнма пултарчӗç? Çитӗнӳсем пур-и? Хаçатсемпе журналсем, радиопа телевидени обществӑлла шухӑша халӑх патне çитермелли чӑн-чӑн трибуна пулччӑр, çӗнетӳре тивӗçлӗ вырӑн йышӑнччӑр тесен, мӗн тумалла? Çак ыйтусене сӳтсе явӗ съезд.

Отчетра палӑртнӑ тӑрӑх, республикӑра паян 404 журналист ӗçлет. Вӗсем 33 пуçламӑш организацие пӗрлешнӗ. Чи пысӑккисем — Телевиденипе радио госкомитетӗнче (44 çын), «Советская Чувашия» (38 çын), «Коммунизм ялавӗ» (37 çын) хаçатсен редакцийӗсенче. Республикӑра 22 район хаçачӗ, предприятисемпе учрежденисенче нумай тиражлӑ 32 хаçат тухса тӑрать.

Малалла докладчик республика хаçачӗсен, Телевиденипе радио госкомитечӗн ӗçӗ-хӗлӗ çинчен каласа панӑ. Хаçат страницисенче пичетленекен тата эфира тухакан материалсен критика шайӗ ӳснӗ. Журналистсем çӗнӗ темӑсем шыраççӗ, вулакансене хумхантаракан, шухӑшлаттаракан ыйтусем хускатаççӗ. Вулакanпа тытакан çыхӑну çирӗпленет.

Отчетлӑ тапхӑрта район хаçачӗсем, нумай тиражлӑ хаçатсем хӑйсен ӗçне лайӑхлатнӑ. Акӑ, Çӗнӗ Шупашкарти «Путь к коммунизму» хаçат хӑйӗн вулаканӗсене хулари информацие туллин паллаштарма тӑрӑшать. Хаçат республикӑра иртекен конкурссенче час-часах мала тухать.

Вӑрнар районӗнчи «Çӗнтерӳ çулӗ» хаçат редакцийӗн коллективӗ пичет ӗçне рабочисене, колхозниксене анлӑн хутшӑнтарма тӑрӑшать. Кун йӗркинчи çивӗч ыйтусене, актуаллӑ корреспонденцисене, интервьюсене пӗрремӗш страницӑра, курӑнмалли вырӑнта пичетлеççӗ. Виçӗ çул каярах редактор колонки уçнӑ. Кунта, тӗпрен илсен, обществӑлла пулӑмсене тишкереççӗ, уççӑнлӑхпа демократи урокӗсем параççӗ. Хаçат страницисенче экологи теми пысӑк вырӑн йышӑнать. Вӑрнарта поликарбонат заводне тӑвас пирки çивӗч калаçу пырать. 1989 çул итогӗсем тӑрӑх «Çӗнтерӳ çулӗ» хаçат редакцийӗ çутçанталӑка сыхлас енӗпе пӗрремӗш премие илме тивӗçлӗ пулнӑ.

Çакӑн пек тӗслӗхсене кашни редакци ӗçӗнчех курма пулать. Анчах тунӑ ӗçсемпе лӑпланса ларма ирттерех-ха. Хаçатсене хӑйсене те сахал мар критиклеççӗ. Тепӗр чухне журналистсен ыйтусенчен пӑрӑнни е вӗсене курмани пулать. Çӗнтерӳ хальхи вӑхӑтра çине тӑрса ӗçлеме хистет.

Чӑваш АССР Журналистсен союзӗн XII съездӗнче хаçат журналсен, радиопа телевидени работникӗсем хӑйсен ӗçӗ-хӗлӗ çинчен тӗплӗн калаçнӑ. Журналистсен пуçламӑш организацийӗсем союз членӗсен творчествӑлла пултарулӑхне, ӑсталӑхне ӳстерес енӗпе еплерех ӗçлеççӗ-ха? Съезд умӗн пулса иртнӗ отчетпа суйлав кампанийӗ вӑхӑтӗнче çакӑн пирки хӗрӳ калаçу пынӑ. Ку енӗпе республикӑри Журналистсен союзӗн правленийӗ тӗрлӗ секцисем йӗркеленӗ. Анчах ку секцисенче ӗçе кирлӗ пек туса пыман.

Отчетлӑ тапхӑрта Журналистсен союзӗн правленийӗ обществӑлла корреспондентсене вӗрентсе хатӗрлес енӗпе хӑшпӗр ӗçсем туса ирттернӗ. Союз çумӗнче обществӑлла корреспондентсен виçӗ çуллӑх университечӗ ӗçлет. Канаш тата Çӗмӗрле хулисенче унӑн филиалсем пур. Университет ӗçлеме пуçланӑранпа обществӑлла 149 корреспондент вӗрентсе хатӗрленӗ. Вӗсем пичет ӗçне активлӑ хутшӑнаççӗ.

Прениre çак юлташсем тухса калаçнӑ:

С. А. Вишняков — Улатӑрти «Ленинский путь» хула-район хаçачӗн редакторӗ, А. П. Данилов — Чӑваш государство университечӗн преподавателӗ, обществӑлла корреспондентсен университечӗн ректорӗ, съездӑн мандат комиссийӗн председателӗ В. П. Вадимов — республикӑри «Коммунизм ялавӗ» хаçат редакцийӗн пай заведующийӗ, М. И. Иванов — республикӑри «Советская Чувашия» хаçат корреспонденчӗ, В. П. Большова — Чӑваш АССР телевиденипе радиовещани государство комитечӗн председателӗ, М. Н. Мареева — республикӑри «Пионер сасси» хаçат редакторӗ, Л. В. Ракитина — Шупашкарти пир-авӑр комбинатӗнчи «Текстильщик» хаçат редакторӗ, А. М. Кряжинов — республикӑри «Советская Чувашия» хаçатӑн аслӑ корреспонденчӗ, И. Д. Тимофеев — Чӑваш кӗнеке издательствин директорӗ, Н. В. Васильев — Вӑрмар районӗнчи «Хӗрлӗ ялав» хаçат редакторӗ тата ыттисем — пурӗ 23 çын тухса калаçнӑ.

Сӳтсе явнӑ ыйтупа Чӑваш АССР Журналистсен союзӗн XII съезчӗ тивӗçлӗ постановлени йышӑннӑ.

Съезд делегачӗсем Чӑваш АССРӗнчи Журналистсен союзӗн XII съезчӗ ячӗпе СССР Верховнӑй Совечӗпе СССР Журналистсен союзӗн правленине чӗнсе калани йышӑннӑ.

Съезд Чӑваш АССР Журналистсен союзӗн правленийӗн çӗнӗ составне, ревизи комиссине суйланӑ. Чӑваш АССР Журналистсен союзӗн правленийӗн председателӗ пулма альтернативлӑ икӗ кандидатура — республикӑри «Советская Чувашия» хаçат редакторне И. П. Кириллова тата çак хаçатӑн аслӑ корреспондентне А. М. Кряжинова сӗннӗ. Вӑрттӑн сасӑласа, Чӑваш АССР Журналистсен союзӗн правленийӗн председателӗ пулма А. М. Кряжинова суйланӑ.

Съезд ӗçне Чӑваш АССР Верховнӑй Совечӗн Президиумӗн председателӗ А. М. Леонтьев, КПСС обкомӗн секретарӗ Д. Ф. Семенов хутшӑннӑ, вӑл тухса калаçнӑ.

* * *

Ӗнер Чӑваш АССР Журналистсен союзӗн XII съездӗнче суйланӑ правленин пӗрремӗш пленумӗ пулса иртнӗ. Унта организациллӗ ыйтусем пӑхса тухнӑ. Пленум Чӑваш АССР Журналистсен союзӗн правленийӗн ответлӑ секретарӗ пулма В. П. Комиссарова суйланӑ.

**В. ПАВЛОВ.**




ТАСС КОРРЕСПОНДЕНЧĔСЕМ ПĔЛТЕРЕÇÇĔ

### Мускав

Лихачев ячĕпе хисепленекен заводри изобретательсем медицина инструменчĕсен чăтăмлăхне ÿстерме пулăшнă. Вĕсем вакуумра инструментсем çине метала çыйĕнесрен хăтаракан сийпе витмелли меслет туса хатĕрленĕ, сăнаса пăхнă, халĕ унпа усă кураççĕ. Автозаводри металлургсен творчество коллективĕ çак çĕнĕлĕхе патентпа çирĕплетсе хăварнă. Кунта туса хатĕрленĕ питĕ чăтăмлă шăранчăк, тĕрлĕ инструментсене тутăхран упранисĕр, илемлĕрех тунисĕр пуçне, вĕсен çирĕплĕхне чылай ÿстерет. Сăнава завод поликлиникинчи врачсем те хутшăннă.

### Луцк

Волынь область центрĕнче çăмăл машинăсем сутакан пысăк автосалон усăлнă. Ку вăл Украинăн вăрман тăрăхĕнчи çакăн йышши пĕрремĕш предприяти. Тĕрлĕрен службăсем машина туянакансене мĕнпур документацие йĕркене кĕртме пулăшаççĕ. Кунтах автомашинăшăн тÿлеме те, ăна регистрацилеме те, страхлама та пулать. Савăн пекех машинăн тĕрлĕ пайĕсене тутăх çиесрен упрама май паракан пулăшу ĕçĕсем пурнăçласа параççĕ. Комплекса запас пайсен магазинĕ, бензинпа заправка тумалли станци кĕрет.

### Оренбург

Пĕтĕм Российĕри çутçанталăка сыхлакансен обществин вырăнти организацийĕ Урала çăлмалли фонд туса хунă. Çак юханшыв юлашки вăхăтра питĕ вараланса çитнĕ, çавăнпа та ăна сиплемешкĕн укçа-тенкĕ чылай кирлĕ пулать. Çак тĕллевпе ĕнтĕ СССР Пурăнмалли çурт-йĕрпе социаллă пурнăç банкĕн Оренбург уйрăмĕнче 700694-мĕш номерлĕ ятарлă счет усăнă. Унта Урал шывне сиплемешкĕн çынсем хăйсен ирĕкĕпе укçа-тенкĕ хывĕç.

### Таллинн

Тавралăха сыхлассипе çыхăннă пысăк ыйтăва татса пама республикăри наука вăйĕсене пĕрлештерни кирлĕ. Çавăнпа та Эстони наукисен академийĕн пĕрлехи пухăвĕнче Таллинн хулинче Экологипе тинĕс тĕпчевĕсен институтне туса хума йышăннă. Ăна Термофизикăпа электрофизика институтчĕн, Геологи институтчĕн тата ытти коллективсен наука подразделенийĕсен никĕсĕ

## КПСС Шупашкар хула комитечĕн VII пленумĕнчен

# АКТИВПА ТАЧĂ ÇЫХĂНСА

**Пĕлтерĕннĕччĕ ĕнтĕ, партин Шупашкар хула комитечĕн VII пленумĕ хула комитечĕн бюровĕпе аппарачĕн ĕçне çĕнетсе улăштарасси мĕнле пыни çинчен унăн пĕрремĕш секретарĕ А. А. Леонтьев тунă доклада сÿтсе явнă.**

**Пленум ĕçне КПСС обкомĕн пĕрремĕш секретарĕ А. П. Петров хутшăннă, тухса калаçнă.**

Парти комитечĕн бюровĕпе аппарачĕн ĕçне çĕнетсе лайăхлатас тĕлĕшпе, тесе палăртнă докладчик, чи малтан КПСС XXVII съезчĕн, хула парторганизацийĕн XXXV конференцийĕн тата хула комитечĕн пленумĕсен требованийĕсене шута илнĕ. Бюро составĕнче партипе совет органĕсен работникĕсен йышне чакарнă, ĕç коллективĕсенчи коммунистсене, наукăпа техника тата творчество интеллигенцийĕн представителĕсене ытларах кĕртнĕ. Бюро членĕсем хушшинче — хула комитечĕн виçĕ секретарĕпе халăх депутачĕсен хула Совечĕн ĕçтăвкомĕн председателĕсĕр пуçне, промышленноçри рабочи, руководитель, учитель, университетăн кафедра заведующийĕ, писатель, СССР халăх депутачĕ, строительство комплексĕн руководителĕ, комсомолăн хула комитечĕн секретарĕ, заводри партком секретарĕ. Тĕрлĕ профессиллĕ, пурнăçра хăйне евĕр пуян опыт пухнă коммунистсем хăйсен ĕçĕпе, пултарулăхĕпе ырă ят илнĕ, хăйсен принциплăхĕпе парти организацийĕнче чăн-чăн кĕрешÿçĕ пулса тăнă. Çакă бюро активлăхĕпе пуçарулăхне ÿстерме нумай пулăшнă, унăн ĕçне кулленхи пурнăçпа, коммунистсен, халăх интересĕсемпе тачă çыхăнтарса туса пыма май панă.

Бюрора тата хула комитечĕн аппаратĕнче принциплă, харпăр хăй шухăшне уççăн пĕлтермелли, критикăпа самокритикăна аталантармалли, пĕр-пĕрне ăнланмалли, партиллĕ юлташлăхлă лару-тăру туса хунă. Çавăнпа йышăннă решенисем, ыйтусене сÿтсе явнă чухне шухăшсем пĕр пек мар пулнă пулин те, конкретлăрах, вĕсем умри задачăсемпе килĕшсе тăраççĕ, вĕсене пурнăçа кĕртме, контроллесе тăма ответлă çынсене палăртса хураççĕ.

Коммунистсем, хула çыннисем ыйтнипе бюро ларăвĕсенче Шупашкарта кооперативсен юхăмне аталантарас, видеосалонсен ĕçне йĕркелес ĕçри ситменлĕхсем синчен тата ытти чылай çивĕч ыйтăва сÿтсе явнă.

Хула комитечĕн пленумĕсене паянхи пурнăç кăларса тăратакан требованисене шута илсе иртерме тытăннă. Ку чухнехи кăткăс та çивĕч ыйтусене сÿтсе яваççĕ. Хула комитечĕн членĕсемпе член кандидачĕсем, ытти актив малтан производство участокĕсене çитсе кураççĕ, вырăнти лару-тăрупа паллашаççĕ, ĕç коллективĕсемпе тĕл пулаççĕ. Ун хыççăн ыйтăва пĕрлехи ларура сÿтсе яваççĕ. Çапла майпа «Халăха кирлĕ таварсем туса кăларассине тата тÿлевлĕ пулăшу ĕçĕсем пурнăçлассине аталантарас тĕлĕшпе хулари парти организацийĕсен организаторла ĕçĕпе политика ĕçне вăйлатасси çинчен» ыйтăва пленумра сÿтсе явма хула комитечĕн членĕсемпе член кандидачĕсем 89 çын хутшăннă.

Хула комитечĕн бюровĕпе аппарачĕн ĕçĕнче республика пурнăçĕпе çыхăннă çак ыйтусем тĕп вырăн йышăнаççĕ: экономикăна аталантарас, хулана тулли хуçалăх расчечĕ çине куçма хатĕрлес, Советсен ĕçне лайăхлатас, правана сыхлас, халăха кирлĕ таварсем туса кăларас, пулăшу ĕçĕсем пурнăçлас, сывлăха сыхлас, халăх пĕлĕвне ÿстерес ыйтусем, пурăнмалли сурт-йĕр, апат-çимĕç, экологи, культура, спорт ыйтăвĕсем, ытти нумай сивĕч ыйту. Вĕсене татса парас ĕçре бюропа аппарат хуçалăх ыйтăвĕсене хăйсем çине илнипе мар, парти райкомĕсене, пуçламăш парторганизацисене, ĕç коллективĕсене парти тата политика ĕçĕпе витĕм кÿрсе татса пама тăрăшаççĕ.

Шел пулин те, палăртрĕç пленумра, хула комитечĕн бюровĕпе аппарачĕ йышăннă решенисем пĕтĕмпех пурнăçланччăр тесе мĕнпур майсемпе туллин усă курмаççĕ-ха.

Сăмахран, черетлĕ пленумра Апат-çимĕç программине пурнăçлас тĕлĕшпе хула парторганизацийĕ умĕнче тăракан задачăсене сÿтсе явнă. Сăмах та çук, çивĕч ыйту. Промышленность предприятийĕсемпе строительство организацийĕсем хăйсен вăйĕпе апат-çимĕç мĕн чухлĕ туса илме пултарнине тарăннăн тишкернĕ. Çав шута предприятисен хушма хуçалăхне аталантарасси те кĕрет. Халлĕхе ку енĕпе, тÿрех калас пулать, ĕç малалла кайни сисĕнмест. Чылай хушма хуçалăхра çĕрпе туллин усă курмаççĕ, ялхуçалăх культурисем питĕ сахал туса илеççĕ, фермăсем тупăш парас вырăнне тăкак кÿреççĕ

— Юлашки вăхăтра, — терĕ Б. И. Егоров, — промышленность предприятийĕсем хăйсаплавлăхпа хăйтÿлевлĕх çине куçнă май, ялхуçалăхĕ çине тимлĕ пăхма пăрахрĕç. Хула сывăхĕнчи хуçалăхсене çĕрулми, пахчаçимĕç хатĕрлеме вуçех пулăшмаççĕ. Малашне те кун пекех пулсан, хула çав продуктсемсĕр тăрса юлма пултарать.

Строительствăра татса паман ыйтусем чылай. Чăн та, пĕлтĕр пурăнмалли çуртсем, 1985 çулхипе танлаштарсан, 101 пин тăваткал метр нумайрах ĕçе янă. Пурĕ пĕрле шутласан, иртнĕ тăватă çулта 1096,4 пин тăваткал метр хваттер тунă. Ку вăл вунпĕрмĕш пилĕкçуллăхра лартнă чухлĕ. 25 пин семье хваттер условийĕсене лайăхлатнă. Анчах хваттер черечĕ сав-савах пысăк. Çавăнпа, терĕç пленумра, хулара çĕнĕ микрорайонсем тăвас тĕлĕшпе çине тăрса ĕçлемелле. Халлĕхе вĕсем валли çĕр лаптăкĕ уйăрас ыйтăва татса паман-ха. Кунпа пĕрлех вĕсене проектлассине тимлĕ пăхмалла.

Хула комитечĕн пленумĕ йышăннă тепĕр паллă решение — халăха кирлĕ таварсем туса кăларассине ÿстересси çинчен йышăннă решение бюро тата хула комитечĕн аппарачĕ çирĕп контроллесе тăмаççĕ. Хула промышленноçĕ, пĕтĕмĕшле илсен, халăха кирлĕ таварсем туса кăларассине вуникĕмĕш пилĕкçуллăх пуçламăшĕнчипе 222 миллион тенкĕлĕх ÿстернĕ пулсан, уйрăм предприятисем çак ĕçе сав-савах кирлĕ пек йĕркелесе ярайман. Ку вăл суту-илĕве лайăх таварсем ситеĕклĕ парса тăма нумай чăрмантарать. Ахальтен мар хула халăхĕ магазинсен сентрисем пушшишĕн тивĕçлипе пăшăрханать. Паллах, ку ыйтусене хуçалăх органĕсем татса памалла тейĕпĕр. Çапах та хула комитечĕ вĕсене пурнăçлассине парти енчен ытларах витĕм кÿме пултарать.

Куллен тимлĕ туса пымалли тепĕр пысăк ĕçсенчен пĕри вăл — çул çитмен çамрăксем преступлени тăвасси ÿснине чарса лартасси. Ку ыйтăва пленум иртнĕ çул сÿтсе явнăччĕ, анлă постановлени йышăннăччĕ. Анчах преступленисен хисепĕ чакмасть. Тĕп сăлтавсенчен пĕри — ĕç коллективĕсенче, халăх пурăнакан вырăнта çамрăксем хушшинче воспитани ĕçне вăйсăрлатни. Хула комитечĕ, уйрăмах пуçламăш парторганизацисем сак ыйтăва час-часах манăса хăвараççĕ. Пленумра çакăн пек тĕслĕх илсе кăтартрĕç: хулари видеосалонсен ĕçĕпе юлашки вăхăтра никамах та интересленмест. Вĕсенче вара пирĕн пурнăçа хирĕçле кинофильмсем час-часах кăтартаççĕ. Çакăнтан çамрăксем хушшинче харкашу-çапăçу, çемье арканăвĕ, преступлени сулĕ сине тăрасси тата ытти те пуçланаççĕ. Преступлени тăвасси И. Н. Ульянов ячĕпе хисепленекен государство университетĕнчи студентсен общежитийĕсем таранах сарăлса кайнă. Шел пулин те, çакнашкал пулăмсене вырăнти парти, профсоюз, комсомол, органĕсем, ытти общественăлла организацисем курмăш пулаççĕ. Хула комитечĕн çамрăксемпе ĕçлекен комиссийĕ те çавара шыв сыпнă пекех пурăнать.

Пурнăç ыйтнине тивĕçтерсе, хула комитечĕн аппарачĕ хăйĕн ĕçне лайăхлатса пыма тăрăшать. Юлашки вăхăтра аппарат работникĕсем çынсене кашни кунах йышăнаççĕ, пĕрремĕш секретарь — уйăхра икĕ хут. Ĕççыннисен жалобисем тăрăх йышăннă решенисем мĕнле пурнăçланнине контроллесе тăрасси йăлана кĕнĕ. Хула комитечĕн ответлă работникĕсем çавăн пекех кашни эрнере ĕç коллективĕсенче коммунистсемпе, ĕççыннисемпе тĕл пулаççĕ, парти пухăвĕсене, партком е партбюро ларăвĕсене хутшăнаççĕ.

Уççăнлăха сарас, парти ĕçĕ çинчен активa, коммунистсене пĕлтерсе тăрас, ăнлантарса парас тĕлĕшпе малтанхи утăмсем тунă. Пленум е бюро ларăвĕ пулса иртни çинчен республика хаçачĕсенче пĕлтерсех тăраççĕ. Кашни кварталта пĕрре хула комитечĕн бюллетенĕ тухать. Кашни кун ятарласа радиопередачăсем пама тытăннă. Çитес вăхăтра конференцисем, идеологи активĕпе тĕлпулусем иртерме, пропагандистсем, пуçламăш парторганизаци секретарĕсем валли информаци бюллетенĕсем кăларма палăртнă. Хула хаçачĕ тухма тытăнмалла.

Хула комитечĕ кадр политикине лайăхлатас енĕпе те тимлĕ ĕçленине палăртмалла. Сăмахран, унăн секретарĕсене альтернативлă майпа суйлаççĕ. Аппарата ĕçлеме работниксене конкурспа суйласа илме тытăннă. Хуçалăх руководителĕсене те конкурспа суйласа илеççĕ. «Текстильмаш», «Металлист» производство пĕрлешĕвĕсен, «Росавтоматстром» наука-производство пĕрлешĕвĕн генеральнăй директорĕсене В. А. Лихачева, А. Н. Грибова, В. В. Алексеева çапла майпа суйланă. Хальхи вăхăтра, суйлав кампанийĕ пынă тапхăрта, альтернативлă майпа тăратнă кандидатсем халăх депутачĕ пуласшĕн кĕрешеççĕ. Малашне пуçламăш парторганизацисен секретарĕсене парти пухăвĕсемпе конференцийĕсенче тÿрремĕнех суйлаççĕ, КПСС XXVIII съезчĕн делегачĕсене коммунистсем территори суйлав округĕсем тăрăх суйлаççĕ.

Çапах та хула комитечĕн партин шалти ĕçĕпе идеологи ĕçне татах лайăхлатса пымалла, терĕç пленумра. Ку ахальтен мар. Акă, коммунистсем парти ретĕнчен тухасси ÿссе пырать. 1988 султа — 18 çын, пĕлтĕр 218 çын тухнă. КПСС членĕн кандидатне 1988 султа — 624 çынна, 1989 султа 329 çынна илнĕ. Парти организацийĕсен авторитечĕ чакса пыни вĕсен пуçарусăрлăхĕнчен, пурнăçра активлă позици йышăнма тăрăшманнинчен нумай килет. Партин хула комитечĕн бюровĕпе унăн аппарачĕн çакна курмасăр тăма юрамасть. Унăн общественность шухăш-кăмăлне тарăннăн тишкермелле, терĕс выводсем тумалла. Хула комитечĕн аппарачĕн çĕнетÿре, хула парторганизацийĕн шалти пурнăçне демократизацилес ĕçре чăннипех конструктор тата технолог пулмалла, терĕç пленумра тухса калаçакансем.

Пленумра производство дисциплинине, йĕркелĕхе çирĕплетес ыйтусем тавра та çивĕч калаçу пулчĕ, нацисем хушшинчи çыхăнăва вăйлатса пырасси çинчен те каларĕç. Шупашкар — нумай нациллĕ хула, çавăнпа кашни наци çынни хăйне чăн-чăн совет гражданĕ пулнине çирĕп туйса тăтăр тесе тăрăшмалла.

Пленум КПССăн «Партин хальхи условисенчи наци политики çинчен» калакан платформипе, çак ыйту тăрăх КПСС обкомĕн IV пленумĕ йышăннă решенисемпе тата мероприятисемпе килĕшÿллĕн КПСС хула комитечĕн нацисем хушшинчи хутшăнусене лайăхлатса пырас, хулари ĕççыннисене интернационалла воспитани парассине вăйлатас тĕлĕшпе пурнăçламалли ĕç программине çирĕплетрĕ.

Л АЛЕКСЕЕВ.

*Идеологи пайĕн почтинчен*

# МУЗЕЙ ХУÇИ

Час-часах кĕретĕп район центрĕнчи краеведени музейне. Кашнинчех çĕннине асăрхатăп унта.

— Еçсем мĕнле? — ыйтатăп.

— Йĕркеллех... Алă усса ларма вăхăт çук, — тет Александр Семонович. — Çынсем килсех тăраççĕ. Документсем шыраса вăхăт нумай иртет. Хамăр тăрăхра çырма-çатра пуçланса кайни пирки статья çырса пĕтертĕм, акă.

Çитмĕле çывхарать ĕнтĕ вăл. Çÿçĕ самаях шуралнă. Пурнăçне ĕçлесе иртернĕ. Районти халăха вĕрентес ĕç пайĕн методика кабинечĕн заведующийĕ, инспектор, учительсен районти профсоюз организацийĕн председателĕ пулнă. Пенсие тухсан, госстрах агенчĕнче ĕçленĕ. 1985 çулта музее куçнă. Чи малтанах унăн советне йĕркеленĕ. Совет членĕсем ялсенче экспонатсем пухма тытăннă. Вĕсене вырнаçтарма Енĕш Нăрвашра çуралса ÿснĕ П. М. Меркурьев пенсионер нумай пулăшнă.

Музей малтан тăватă пÿлĕмлĕччĕ. Иртнĕ çул тата икĕ пÿлĕм хушăнчĕ. Халĕ экспонатсем пин ытла.

Тăвай вулăсĕнче Совет власне 1918 çулхи мартăн 31-мĕшĕнче туса хунă. Музейре вулăс ĕçтăвкомăн пĕрремĕш председателĕ пулнă А. П. Павлов (Разин) сăнÿкерчĕкне курма пулать.

Çар мухтавĕн залĕ пысăк вырăн йышăнать. Альбомра Аслă Отечественнăй вăрçăра пуç хунă 2.780 вопп хушаматне çырса хунă. Кунтах П. М. Меркурьев художникăн «1941—1945 çулсенче Тăвай тăрăхĕнче сыхланмалли сооруженисем тупи» ÿкерчĕкне курма пулать. Совет Союзĕн Геройĕсен Н. Х. Бухтуловпа С. В. Коновалов паттăрлăхĕпе хăюлăхĕ çинчен калакан материалсем пур.

Тăвай районĕнчен наукăсен 10 докторĕ, 49 кандидачĕ тухнă. Ытларахăшĕ Александр Семеновичпа тачă çыхăну тытать. Музейра кашнин сăнÿкерчĕкĕ çакăнса тăрать. Районта ÿссе çитĕннĕ творчество çыннисен пурнăçĕпе тата ĕçĕ-хĕлĕпе паллашма пулать.

Иртнĕ çул кунта П. М. Меркурьев художник-фронтовик выставкине уçрĕç. Нумайăн пулса курчĕç унта.

Александр Семенович 1988 çулта экскурсоводсен çул кĕнекине хатĕрлерĕ. Апа музейри экспонатсемпе çыхăнтарса çырнă. Страницисене уçнăçемĕн куç умне район историйĕ тухса тăрать.

«Интернационалист кĕтесĕ» пур. Унта Афганистанра интернационалла тивĕçе пурнăçланă 148 вопп хуша-

# Пĕчĕккисен савăнăçĕ— аслисен савăнăçĕ

*Совет ачисен В. И. Ленин ячĕпе хисепленекен фончĕн Чăваш республикинчи уйрăмĕн суйлав умĕнхи платформи*

Совет ачисен В. И. Ленин ячĕпе хисепленекен фончĕн Чăваш республикинчи уйрăмĕ партипе правительство çĕршыва хальхи йывăр лару-тăруран илсе тухма тăрăшнине ырлать тата социализмăн гуманизмла çĕнĕ сăн-сăпачĕшĕн, обществăра çак тĕллеве пурнăçа кĕрт-

Республика уйрăмĕн интернат учрежденийĕсенче вĕренекен тата вĕренсе тухакан ачасемшĕн уйрăмах тăрăшмалла. Вĕсен пурнăçне лайăхлатмалла, малалла вĕренме, професси илсе ĕçлеме тытăнмашкăн пулăшмалла.

Ачаллă семьесене пулăшу

*Пирĕн кандидатсем*

# ĔÇ КĔТРЕЧĔ

**РАЙОНТИ культура çурчĕ. Залра халăх туллиех. Паян кунта Красноармейски районне йĕркеленĕренпе 55 çул тултарнине палăртрĕç, çавна май пĕлтĕрхи ĕç кăтартăвĕсене пĕтĕмлетрĕç, мала тухнисене парнесем пачĕç.**

АКА ЕНТЕ художество пултарулăх коллективĕсем сцена çине тухаççĕ. Пикшиксем хăйсен ăсталăхĕпе паллаштарчĕç, уписем, карайсем. «Нива» совхозăн пысăк йышлă хорĕнче совхоз директорне Николай Семенова тÿрех палласа илтĕм. Вăл ыттисемпе пĕрле хавхаланса юрларĕ, эпĕ вара темиçе самант хушшинче унăн пурнăçне йĕрлесе тухрăм.

Аллăмĕш çулсен пуçламăшĕнче пĕрле вĕреннĕрен лайăх

колай Семенович «çĕрĕç вăрттăнлăхне» пĕлекен опытне. Халĕ ĕнтĕ çирĕм çул майлă вăл хăй çуралса ÿснĕ хуçалăхра ĕçлет, 1980 çултанпа — совхоз директорĕ. Мăшăрĕпе пĕрле ялта тымар яма шут турĕç. Халĕ вĕсен — виçĕ ача.

Хор, залри халăх тăваллăн

натпăр, Танăшпа Ванюшкасси ялĕсене çити асфальт витнĕ çул саратпăр...

Паллах, çак ĕçсене тунипе пĕрлех совхоз хăйĕн хуçалăхне аталантарасси пирки те манма пултараймасть. Кунта нумай пулмасть юсав мастерскойĕ туса пĕтерне, Кĕçĕн Шетмĕри

валидсене пулăшу памалли майсене пысăклатасшăн.

Николай Семенович, тăван литературăпа искусствăри çĕнĕлĕхсене лайăх пĕлсе тăракanскер, Анатолий Емельянов, Лаврентий Таллеров, Георгий Краснов тата ытти çыравçăсен произведенийĕсене çийĕнчех

алă çупнă май, сцена çинчен анчĕ. Унта Мари республикин красноармейскисемпе туслă çы-

сĕт-çу фермине çĕнетнĕ. Малашлăх планĕсем те пĕчĕк мар.

ПУЛАС депутатсем халĕ

вуласа тухма вăхăт тупаканскер, совхоз ĕçченĕсене те культура çитĕнĕвĕсемпе паллаштарассине çирĕп йăлана

...туса хунă. Çак юлашки вăхăтра питĕ ва-раланса çитнĕ, çавăнпа та çиплемешкĕн укçа-тенкĕ ... кĕ чылай кирлĕ пулать. Çак тĕллевпе ĕнтĕ СССР Пурăнтăш-сурт-йĕрпе социал-маллин пурнăç банкĕн Оренбургри уйрăмĕнче 700694-мĕш номерлĕ ятарлă счет уçнă. Унта Урал шывне сиплемешкĕн çынсем хăйсен ирĕкĕпе укçа-тенкĕ хывĕç.

## Таллинн

Таврапа ... çыхăнăнă пысăк ыйтăва татса пама республикăри наука вăйĕсене пĕрлештерни кирлĕ. Çавăнпа та Эстони наукăсен академийĕн пĕрлехи пухăвĕнче Таллинн хулинче Экологипе тинĕс тĕпчевĕсен институтне туса хума йышăннă. Ăна Термофизикăпа электрофизика институчĕн, Геологи институчĕн тата ытти коллективсен наука подразделенийĕсен никĕсĕ çинче йĕркелеççĕ. Çакă кадрсем тупма, пурлăхпа техника йывăрлăхĕсене çĕнтерме май парĕ.

## Усть-Кут

Байкал леш енчи тата Инçет Хĕвелтухăçĕнчи аякри районсенче пурăнакансем малашне пысăк хуласене йывăрлăхсемсĕр çитĕç. Байкалпа Амур магистралĕн мĕнпур участокĕсенче пассажирсене турттаракан поездсем çӳреме тытăннă.

## Рига

Латвири чи илемлĕ юханшывсенчен пĕри Гауя хĕл варринчех çыранĕсенчен тухнă. Шыв республикăри «Адажи» агрофирмăн тата пулă ĕрчетекен «Царникава» колхозăн çĕрĕсем тăрăх саралнă. Ялхуçалăх лаптăкĕсем, хуралтăсем, вуншар сурт-йĕр шыв айне пулнă. Инкеке лекнĕ районта пурăнакансене урăх вырăнсене вăхăтра илсе тухнă.

## Новосибирск

Çĕпĕрти хуласен Союзĕнчи киоскĕсенче «Призывник» хаçатăн пĕрремĕш номерне сутнă. Малашне ку хаçат уйăхра пĕрре тухса тăма тытăнать. Кăларăма округри «Советский воин» хаçат редакцийĕ хатĕрлет. Унăн страницисенче çар патриотизмĕ майлă воспитани парассин ыйтăвĕсене, çарĕç комиссариачĕсен ĕçне, çавăн пекех ДОСААФ шкулĕсен, хĕрлĕармеецсен клубĕсен ĕçĕ-хĕлне çутатса пама шутлаççĕ.

## Джиланды

Тулă Бадахшан автономи облаçĕнчи Памир трактне пăхса тăракан çул-йĕр рабочийĕсен çемйисем айлăма анмасăрах минераллă шывсемпе сипленме пултараççĕ. Çак кунсенче кунта санатори-профилакторий ĕçлеме тытăннă. Унта халĕ 50 çынна ахăн сипленет. Профилакторий çулталăк тăршшĕпех ĕçлĕ.

...ĕçри ситмеллĕхсем çинчен те ... та ытти чылай çивĕч ыйтăва сӳтсе явнă.

Хула комитечĕн пленумĕсене паянхи пурнăç кăлар-...

...бюровĕпе аппаратне ... решенисем пĕтĕмпех пурнăçланччăр тесе мĕнпур майсемпе тулли усă курмаççĕ-ха.

...ние — халăха кирлĕ таварсем туса кăларассине ӳстерессн çинчен йышăннă ре-...

...сене выранти парти, профсоюз, комсомол, органĕсем, ытти обществăлла организа-...

...генеральнăй директорĕсене В. А. Лихачева, А. Н. ...

...летрĕ.

Л АЛЕКСЕЕВ.

# Пĕчĕккисен савăнăçĕ— аслисен савăнăçĕ

*Совет ачисен В. И. Ленин ячĕпе хисепленекен фончĕн Чăваш республикинчи уйрăмĕн суйлав умĕнхи платформи*

Совет ачисен В. И. Ленин ячĕпе хисепленекен фончĕн Чăваш республикинчи уйрăмĕ партипе правительство çĕршыва халăхи йывăр лару-тăруран илсе тухма тăрăшнине ырлать тата социализмăн гуманизмла çĕнĕ сăн-сăпачĕшĕн, обществăра çак тĕллеве пурнăçа кĕртме май паракан лару-тăру туса хурассишĕн кĕрешет. Ачасемшĕн тăрăшасси чи пирвайхи тивĕç пулма, ыркăмăллăх вара, граждансен пултаруллă ĕçĕсемпе сиреплетсе панă пархатарлă сăнĕ туйăм, чăнласах пирĕн пурнăçăн витĕмлĕ законĕ пулса тăма тивĕçлĕ.

Телейлĕ ачалăх — вăл пирĕн, ситĕннĕ çынсен, телейĕ. Асаплă, хĕн-нушаллă ачалăх— пирĕн чун ыратăвĕ тата хуйхă.

Савăнпа Ачасен фончĕн республикăри уйрăмĕ халăх депутатне суйлама хăйĕн ачалăха активлă хӳтĕлекен представителĕсене кандидата тăратрĕ. 887-мĕш Ленин суйлав округĕ тăрăх РСФСР халăх депутатне суйлама Ачасен фончĕн республикăри уйрăмĕн правленийĕн председательне, ТАССăн Чăваш АССРĕнче ĕçлекен корреспондентне Валентина Андреевна Ивановăна, 20-мĕш Комбинат суйлав округĕ тăрăх Чăваш АССР халăх депутатне суйлама Шупашкарти пиçă-авăр комбиначĕн генеральнăй директорне Валерий Александрович Капитонова кандидата тăратрĕ. Правлени президиумăн членĕ Раиса Васильевна Бородкина (Сарпи) халăх депутачĕсен хула Совечĕн халăх депутачĕсене суйлас тĕлĕшпе ĕçлекен 102-мĕш суйлав округĕ тăрăх баллотировкăна тăма килĕшрĕ.

Совет ачисен В. И. Ленин ячĕпе хисепленекен фончĕн суйлав умĕнхи платформине туллин ырласа, фондăн республикăри уйрăмĕ çак ыйтусене татса парассине хăйĕн тĕп тивĕçĕ тесе шутлать:

СССР Верховнăй Советĕнче ача прависем çинчен, ачасене пурлăх тĕлĕшĕнчен пулăшу парасси, вĕсене социаллă пурнăçра тата юридически хӳтĕлесси çинчен калакан закон йышăнма, совет органĕсенче ача прависене хӳтĕлес тĕлĕшпе ĕçлекен полномочиллă депутат комиссийĕсемпе комитечĕсем туса хума тăрăшмалла.

Республика уйрăмĕн интернат учрежденийĕсенче вĕренекен тата вĕренсе тухакан ачасемшĕн уйрăмах тăрăшмалла. Вĕсен пурнăçне лайăхлатма, малалла вĕренме, професси илсе ĕçлеме тытăнмашкăн пулăшмалла.

Ачаллă çемьесене пулăшу памалли пĕрлехи система туса хатĕрлесе пурнăçа кĕртме тытăнмалла. Çамрăк, тулли мар, нумай ачаллă çемьесемпе, инвалид ачаллă çемьесемпе уйрăмах тимлĕ пулмалла.

Вăраха ямасăр татса памалли задача — ача-пăча сывлăхне сыхлас ĕçĕн пурлăх никĕсне аталантарасси. Бюджет укçи-тенкин пысăк пайне ача-пăча сывлăхне сыхлама, инвалид ачасен ыйтăвĕсене тивĕçтерме ярассишĕн тăрăшмалла.

Ĕç коллективĕсемпе уйрăм граждансем хăйсен ирĕкĕпе паракан укçа-тенке пухса республикăра ачасен сывлăхне сиреплетекен «Сывлăх» центра 1991—1992 çулсенче туса лартса хута ямалла. Унăн пĕтĕмĕшле хакĕ 1 миллион та 800 пин тенке ларма тивĕçлĕ.

1993 çултан пуçласа ниме йĕркипе Атăл хĕрринче, вырăнти сиплĕ пылчăкпа тата минераллă шывсемпе пуян тăрăхра, ачасен санаторине туса лартма укçа-тенкĕ пухма тытăнмалла.

Ачасен пурлăх никĕсне тата ăс-хакăлне шкулсемсĕр, культура, сывлăха сыхлас ĕçпе спорт учрежденийĕсемсĕр пуянлатма май çук, çавăнпа эпир халăха вĕрентес ĕç, культура, сывлăха сыхлас ĕç, спорт валли тата ачасене социаллă пулăшу пама ытларах укçа-тенкĕ уйăрма кирлĕ тесе шутлатпăр. Çав укçа-тенке управлени аппаратне тытса тăмалли тăкаксене чакарнипе те тупма пулать.

Ĕç коллективĕсене экономика тĕлĕшĕнчен интереслентерсе, ачасене валли таварсем ытларах туса кăларма, таса апатçимĕç продукчĕсем туса илме тăрăшмалла. Ача-пăчана кирлĕ апат-çимĕçе черетсĕр туянма май пултăр тесен, çĕнĕ магазинсем уçмалла.

Совет ачисен В. И. Ленин ячĕпе хисепленекен фончĕн Чăваш республикинчи уйрăмĕ ачалăх интересĕсене хаклакан суйлавçăсене пурне те суйлавра Ачасен фончĕн кандидачĕсемшĕн саслама чĕнсе калать.

## ПОЛИТИЗДАТ КĂЛАРНĂ

«Пирĕн пĕрлехи ыйтусене пĕрле татса памалла» — çак ятпа М. С. Горбачев январĕн 11—13-мĕшĕсенче Литва ССРне кайса килни çинчен материалсен пуххи пичетленсе тухнă. Унта КПСС Центральнăй Комитечĕн Генеральнăй секретарĕ, СССР Верховнăй Совечĕн Председателĕ Вильнюс тата Шяуляй хулисенчи ĕçсыннисемпе тĕл пулнă чухне тухса каланă сăмахсем, республикăри парти активĕн январĕн 13-мĕшĕнче пулса иртнĕ пухăвĕ çинчен отчет, М. С. Горбачев активра каланă сăмах, ытти хăшпĕр материалсем кĕнĕ.

(ТАСС).

РАЙОНТИ культура çурчĕ. Залра халăх тулличех. Паян кунта Красноармейски районне йĕркеленĕренпе 55 çул тултарнине палăртрĕç, çавна май пĕлтĕрхи ĕç кăтартăвĕсене пĕтĕмлетрĕç, мала тухнисене парнесем пачĕç.

АКА ЕНТЕ художество пултарулăх коллективĕсем сцена çине тухаççĕ. Пикшиксем хăйсен ăсталăхĕпе паллаштарчĕç, уписем, карайсем. «Нива» совхозăн пысăк йышлă хорĕнче совхоз директорне Николай Семенова тӳрех палласа илтĕм. Вăл ыттисемпе пĕрле хавхаланса юрларĕ, эпĕ вара темиçе самант хушшинче унăн пурнăçне йĕрлесе тухрăм.

Алламĕш çулсен пуçламăшĕнче пĕрле вĕреннĕрен лайăх астăватăп, шкулта вăл яланах тимлĕ пулнипе уйрăлса тăратчĕ. Унсăр пуçне çакă та аса килет: физкультура урокĕсенче, «вăрçăлла» выляна чухне, ăна хăйсен класĕсем час-часах командир пулма суйлатчĕç. Эппин, вăл ун чухнех пуçарулла шухăшланă, ыттисене хăй хыççăн ертсе пыма, пĕр тĕллевпе хавхалантарма пултарнă.

Аттестат илсен вĕсем класĕпех комсомол путевкипе çурçĕре тухса кайрĕç, Коми республикинче чугун çул хыврĕç. Çак ĕç каллех Николай Семенов пуçарулăхĕсĕр пулмантăр. Унтан — Совет Çарĕ, Чăваш ялхуçалăх институчĕ.

Çамрăк агронома ялхуçалăх министерстви хăй аллинчех хăварать, элита вăрлăх хатĕрлес енĕпе ĕçлеме çирĕплетет. Ку вăрлăха туса илекенĕ Шуршăлти А. Г. Николаев космонавт ячĕпе хисепленекен колхоз пулнă май çамрăк специалистăн хуçалăха ертсе пыракан Василий Васильевич Зайцевпа куллен тенĕ пекех курнăçма, тĕрлĕ ыйтусем татса пама тивет. Çавăн чухне ăша хывать те Николай Семенович «çĕрĕç вăрттăнлăхне» пĕлекен опытне. Халĕ ĕнтĕ çирĕм çул майлă вăл хăй çуралса ӳснĕ хуçалăхра ĕçлет. 1980 çултанпа — совхоз директорĕ. Мăшăрĕпе пĕрле ялта тымар яма шут турĕç. Халĕ вĕсен — виçĕ ача.

Хор, залри халăх тăваллăн

*Пирĕн кандидатсем*

# ĔÇ КĔТРЕЧĔ

алă çупнă май, сцена çинчен анчĕ. Унта Мари республикин красноармейскисемпе туслă çыхăну тытакан Морки районĕн «Çамрăклăх» ансамблĕ тухрĕ.

Эпир çав хушăра Николай Семеновичпа — 143-мĕш Пикшик суйлав округĕ тăрăх Чăваш АССР халăх депутачĕ пулма тăратнă кандидатпа — кĕскен калаçса илтĕмĕр.

МАЛТАНХИ сăмах — совхозри ĕç-пуç çинчен.

— Шутсăрах мухтанмалли çук. Çав хушăрах пĕр вырăнта тăратпăр тени те тĕрĕс пулмĕччĕ. Акă, юлашки тăвата çулхи кăтартусене уйчченхи çав тапхăрпа танлаштарса пăхсан, аш-какай 188 тонна, сĕт 370 тонна ытларах туса илнĕ, çăм енĕпе те ӳсĕм пур. Çакă, паллах, халăх пурнăçне лайăхлатма май парать. Икшер хваттерлĕ 15 çурт туса лартрăмăр, механизаторсемпе çамрăк специалистсен хваттер ыйтăвне татса патăмăр. Çинчĕ ялтан пилĕкĕшĕнче водопровод хыврăмăр. Танăшра клуб турăмăр, ытти ялсенче те халăха пухăнмалли çуртсем лартрăмăр. Халĕ тăхăрвунă ача валли ясли-сад тăватпăр, вăл май уйăхĕнче ĕçе каймалла. Унтан — шкул лартма тытăнатпăр, Танăшпа Ванюшкасси ялĕсене çитя асфальт витнĕ çул саратпăр...

Паллах, çак ĕçсене тунипе пĕрлех совхоз хăйĕн хуçалăхне аталантарасси пирки те манма пултараймасть. Кунта нумай пулмасть юсав мастерскойĕ туса пĕтерне, Кĕçĕн Шетмĕри сĕт-çу фермине çĕнетнĕ. Малашлăх планĕсем те пĕчĕк мар.

ПУЛАС депутатсем халĕ суйлавçăсемпе тĕл пулаççĕ. Николай Семенович та кашни кун тенĕ пекех суйлавçăсен хушшинче: паян — Яманакра, ыран — Чатукассинче, виçмине — Мăн Шетмĕре. Халĕ халăх пухусенче ĕлĕкхи пек мĕн калани килĕшсе лармасть, хăй шухăш-кăмăлне уççăн палăртать, калас сăмаха çиввĕччĕн калать. Çурт-йĕр, вут-шанкă, медицина пулăшăвĕ парасси — тĕрлĕрен ыйту сиксе тухать пухусенче. Çипуç, культура таварĕсем çитменни, вĕсене туянă чухне ял çыннин, хăй пайщик пулин те, государствăна аш-какай панине ĕнентерекен хут тăратмалли йĕрке пăшăрхантарать.

Суйлав умĕнхи программа кашни кандидатăнах пур. Николай Семеновичăн платформи чи малтанах ял çыннисен пурнăçне лайăхлатассипе, тĕрĕслĕхе хӳтĕлессипе, тăван культурăна аталантарассипе çыхăннă. Вăл ял çыннисем валли строительство материалĕсем ытларах уйăрмалла тăвасшăн, вĕсен хакне ӳстерсе пынине чарасшăн, ватăсемпе инвалидсене пулăшу памалли майсене пысăклатасшăн.

Николай Семенович, тăван литературăпа искусствăри çĕнĕлĕхсене лайăх пĕлсе тăракан-скер, Анатолий Емельянов, Лаврентий Таллеров, Георгий Краснов тата ытти çыравçăсен произведенийĕсене çиĕнчех вуласа тухма вăхăт тупаканскер, совхоз ĕçченĕсене те культура çитĕнĕвĕсемпе паллаштарассине çирĕп йăлана кĕртнĕ. Рабочисем кашни уйăхрах Шупашкарти театрсене çитсе кураççĕ. Писательсем, сцена ăстисем те Кĕçĕн Шетмĕре час-часах пулаççĕ. Кунта нумай пулмасть Геннадий Мальцев писатель, Элли Юрьевпа Георгий Николаев художниксем, Виталий Петров юрăç пулнă. Искусство çыннисен сăмахĕ, паллах, халăхăн ĕçлес хастарлăхне те ӳстерет, хавхалану кӳрет.

— Хавхалануран килет те ĕç кĕтречĕ, — терĕ мана сентешĕм. «Кĕтрет» сăмах пĕлтерĕшнĕ эпĕ, çырас ĕçпе пурăнакан çын, паллах, аван ăнланатăп, вăл, вырăсла куçарсан, «чудо», «волшебство» текен сăмахсемпе танлашать.

Анчах совхоз директорĕ е колхоз председателĕ кулленхи калаçура ку сăмахпа усă курнине чылайранпа илтменччĕ. Çĕр çынни çав сăнарлă пĕлтерĕше тӳрĕ кăмăллă ĕçпе çыхăнтарать пулсан, тăван çĕр ырăпа хавхаланса пурăнакан ĕççыннине кĕтретлĕх кӳрессе шанас килет.

Юрий СЕМЕНТЕР.

...лахепе хăюлăхĕ çинчен калакан материалсем пур.

Тăвай районĕнчен наукăсен 10 докторĕ, 49 кандидачĕ тухнă. Ытларахăшĕ Александр Семеновичпа тачă çыхăну тытать. Музейра кашнин сăнӳкерчĕкĕ çакăнса тăрать. Районта ӳссе çитĕннĕ творчество çыннисен пурнăçĕпе тата ĕçĕ-хĕлĕпе паллашма пулать.

Иртнĕ çул кунта П. М. Меркурьев художник-фронтовик выставкине уçрĕç. Нумайăн пулса курчĕç унта.

Александр Семенович 1988 çулта экскурсоводсен çул кĕнекине хатĕрлерĕ. Апа музейри экспонатсемпе çыхăнтарса çырнă. Страницисене уçнăçемĕн куç умне район историйĕ тухса тăрать.

«Интернационалист кĕтесĕ» пур. Унта Афганистанра интернационалла тивĕçе пурнăçланă 148 воин хушаматне çырнă. «Амăшĕн кĕтеспе» йĕркелеме тытăннă. Кунта тĕлпулусем час-часах пулаççĕ, пионер сборĕсем иртереççĕ.

Экспонатсемпе паллашнă хыççăн чылайăшĕ хăйĕн шухăш-кăмăлне палăртса çырса хăварать.

«Çак культура вучахне халăх яланах асра тыттăр. Музей çитĕнекен ăрăва Тăван çĕршыва, çуралса ӳснĕ тавралăха юратма вĕрентессе çирĕп шанатпăр», сапла çырса хăварнă КПСС Центральнăй Комитечĕн инструкторĕ Д. Долканов.

Çакнашкал сăмахсене вуласан, чун савăнать.

Куллен тенĕ пек музейре тăрмашать Александр Семенович Семенов. Тĕпчев ĕçĕсем çырать, çĕнĕ экспонатсем хатĕрлет, курма килекенсене йышăнать...

А. МИХАЙЛОВ.
Тăвай районĕ,
Тăвай ялĕ.

Çĕнетӳ вăхăтне мĕнпе виçеççĕ! Паллах, сехетпе. Анчах кулленхи пурнăçра кирлĕ çак приборсем те дефицитлă таварсен шутне лекнĕ-мĕн: Мускаври механика сехечĕсем сутакан пĕр ятарлă магазинра та вĕсене тупса илме çук. Ĕçĕ кунта сехетсене сахал кăларнинче мар. Сăлтавĕ — урăххинче. Шалти рынокра сутмашкăн, сăмахран, Мускаври «Иккĕмĕш сехет завочĕ» производство пĕрлешĕвĕнче кăларакан продукции 60 процентне кăна уйăраççĕ, ытти вара экспорта каять. Юлашки вăхăтра Совет Союзĕнче туса кăларакан продукципе интересленекенсем нумайлансах пыраççĕ. «Иккĕмĕш сехет завочĕ» производство пĕрлешĕвĕ юлашки вăхăтра Конгонгпа, Швейцарипе, Францинпе, Италипе, ытти çĕршывсемпе çирĕп çыхăну йĕркеленĕ.

Укерчĕк çинче: халлĕхе вара Кремлĕн Спас башни çинчи авалхи курантсем тăрăх та вăхăт пĕлме пулать.

ТАСС фотохроники.

«Коммунизм ялавне» ответлеççĕ

## «Кил-çурт выльăхсăр пушă»

Муркаш районĕнчи парти, совет, хуçалăх органĕсем граждансен килти хушма хуçалăхне аталантарма, çак майпа ялхуçалăх продукчĕсем туса илессине ӳстерме нумай тăрăшаççĕ.

Ял халăхĕ килти хуçалăхра тĕрлĕ выльăх, кайăк-кĕшĕк тытать. Выльăх-чĕрлĕхе хăйсем валли те, колхозпа е совхозпа договор туса, вĕсене сутма та, потребкооперации урлă хатĕрлесе пама та усраççĕ.

Кашни çулах районти халăх, республикăри кайăк-кĕшĕк фабрикисенчен чĕпсем туянса 140 пин пуç е кашни килте 8—10 пуç кайăк-кĕшĕк ӳстерсе парать.

Килти хушма хуçалăха фуражпа тивĕçтерме тивĕçлĕ мерăсем йышăнатпăр.

Килти хуçалăха аталантарма социализмла ăмăрту условийĕсене туса хатĕрленĕ, «Килти хушма хуçалăх» мероприятисен планне çирĕплетнĕ. Ăмăрту çĕнтерӳçисене — ялхуçалăх продукчĕсем чи нумай сутакансене — хавхалантарма «Жигули», «Москвич», «Запорожец» çăмăл автомашинăсем, «Ява», «Урал» мотоциклсем, çĕвĕ машинисем, «Дружба» мотопăчкă черетсĕр сутаççĕ, РАПО фондĕнчен укçан премии параççĕ. Çак условисем граждансене ялхуçалăх продукчĕсем ытларах сутма хавхалантараççĕ.

Иртнĕ çул кашни ĕнерен вăтамран 3.455 килограмм сĕт суса илнĕ. Çакă 1988 çулпа танлаштарсан, 168 килограмм ытларах. Усă куракан çĕрсен кашни 100 гектарĕ пуçне 416 центнер сĕт, 135 центнер аш-какай туса илнĕ. Район государствăна аш-какай сутмалли плана — 112, сĕт хатĕрлемелли плана 104 процент тултарнă.

«Кил-çурт выльăхсăр пушă» статьяна выльăх-чĕрлĕх пăхакансен районти канашлăвĕнче сӳтсе явнă, унта кăтартнă ситменлĕхсене пĕтерме мерăсем йышăнатпăр.

В. РУБЦОВ,
Муркаш райсовет ĕçтăвкомĕн председателĕ.

*К. В. Иванов çуралнăранпа 100 çул çитнĕ май*

# САН ЯТУПА, ПОЭТĂМĂР

**Кăçалхи майăн 27-мĕшĕнче чăваш литературин классикĕ, вилĕмсĕр «Нарспи» поэма авторĕ Константин Васильевич Иванов çуралнăранпа 100 çул çитет. Чаплă юбилей тĕнче пĕлтерĕшлĕ событи пулĕ — Пĕрлешнĕ Нацисен Организацийĕн çутĕç, наука тата культура енĕпе ĕçлекен учрежденийĕ — ЮНЕСКО — хăйĕн ятарлă XXV ларăвĕнче К. В. Иванов çуралнăранпа 100 çул çитнине Пĕтĕм тĕнчери паллă деятельсен юбилейĕсемпе историе кĕрсе юлнă событисен календарьне кĕртнĕ. Тепĕр майлă каласан, 1990 çула Иванов çулталăкĕ тесе йышăннă.**

**Эпир (республика, халăх) чăвашсен мухтавлă ывăлĕн юбилейне мĕнле кĕтсе илме хатĕрленетпĕр-ха? Кун пирки пирĕн корреспондент А. ВРАЖКИН юбилее хатĕрленсе ирттерес енĕпе ĕçлекен республика комиссийĕн председателĕпе, Чăваш АССР Министрсен Совечĕн председателĕн заместителĕпе Р. И. ЕРУСЛАНОВĂПА тĕл пулса калаçнă.**

**— Сирĕн комисси паян кунччен туниĕ ĕçсенчен хăшĕ чи пĕлтерĕшли тесе шутлатăр?**

— Поэтăмăр юбилейне халалласа ирттерме палăртнă ĕçсен планне тăватă çул каяллах туса хатĕрленĕ. Сăлтавĕ паллă: мĕн палăртса хунине уйăхра, çур çулта пурнăçа кĕртме май çук. ЮНЕСКО календарьнех илер. Унта К. Иванов юбилейне кĕртес тесе нумай ĕçлеме тиврĕ. Опыт çукки те чăрмантарчĕ пуль. Халиччен эпир нихăçан та ку пĕтĕм тĕнче организацийĕпе çыхăнман, унăн сессийĕсенче чăваш культурин, литературипе искусствин деятелĕсем çинчен сăмах пыман. Константин Иванов çуралнăранпа 100 çул çитнине тĕнче шайĕпе паллă тума йышăнни, паллах, пысăк ĕç пулчĕ. Нумаях пулмасть çеç, акă, Совет Союзĕнчи ЮНЕСКО ыйтăвĕсемпе ĕçлекен комиссин ларăвне хутшăнтăм. Шупашкарта К. Иванов палăкне лартма йышăннине ырласа кĕтсе илчĕç унта. Пирĕн поэтăмăрăн пултарулăхне тивĕçлипе хаклани çинчен калать ĕнтĕ ку.

**— Палăк çинчен, самантпа усă курса, ыйтарах пĕлес килет.**

— Пулас палăк проекчĕсен конкурсĕ çинчен чылайăшĕ пĕлет пулĕ тетĕп. Вăл мĕнле иртни пирки хăй вăхăтĕнче хаçатжурналта тĕплĕн каласа панă. Жюри В. Нагорнов скульптор проекчĕ чи ăнăçли тесе йышăнчĕ. Автор, В. Филатовпа пĕрле, проектпа малалла ĕçлет. Туса çитерсен, проекта РСФСР Культура министерствин эксперт комиссине тăратмалла. Унтан ĕç планне кĕртмелле. Пĕр кун хушшинче тумалли ĕç мар, вăхăт кирлĕ. Кăçал, темле шел пулин те, палăка хатĕрлесе çитерсе К. В. Иванов ячĕпе хисепленекен Чăваш театрĕ умне лартма май килмест.

**— Слакпуçĕнче те К. Иванов палăкне лартма йышăнни паллă. Унăн шăпи мĕнлерех-ши?**

— Поэтăмăра савса ӳстернĕ ял валли Мускавра пурăнакан чăваш скульпторĕ А. Майрасов палăк хатĕрлет. Эскизĕ хатĕр. Анчах палăк лартма укçа çителĕксĕррипе халĕхе ĕç малалла каймасть. Слакпуçсем ятарласа Агропромбанкăн Знаменкăри уйрăмĕнче счет уçнă. Пархатарлă ĕçре кашниех май килнĕ таран пулăшасчĕ вĕсене. Унсăрăн поэт çуралнă ялта çитес вăхăтрах палăк çĕкленессе шанма йывăр.

**— Ентеш юбилейне тивĕçлипе кĕтсе илес ĕçре слакпуçсене Чăваш республики пулăшать-и?**

— Слакпуç юбилее кĕтсе илме тĕплĕн хатĕрленет. Ку ĕçрен, паллах, эпир аякра тăма пултараймастпăр. Чăваш АССР Госстройĕпе «Чувашгражданпроект» институт, акă, К. Иванов çурт-музейĕн эскизне, Слакпуç ялĕн генеральнăй планне, поэтсен çăлкуçĕн проектне пĕр тӳлевсĕр хатĕрлесе пачĕç. Халĕ Шупашкарти агрегат завочĕ К. Иванов паркĕ валли тимĕртен эрешленĕ карта шăратма пуçларĕ.

Поэт çурт-музейĕн экспозицийĕсене çĕнетнĕ çĕрте пирĕн республикăри музей работникĕсемпе художниксем пысăк пулăшу пачĕç. Чăваш художникĕсем çавăн пекех «Нарспипе Сетнер» монументаллă-декоративлă кĕлеткесен эскизĕсене, ял хапхипе эрешлĕ картан композицине туса хатĕрлерĕç. Часах республикăри пултарулăхпа производство комбиначĕн ăстисем те Слакпуçне тирпей-илем кĕртес тĕлĕшпе ĕçе пуçăнĕç.

Пĕлтĕр Чăваш государство педагогика институчĕн студенчĕсен пĕр ушкăнĕ çуллахи каникула поэт çуралнă ялта ирттерчĕ, ырă ĕçпе палăрчĕ.

Кунсăр пуçне Чăваш АССР Культура министерстви ял библиотекине 1.300 кĕнеке парнелерĕ, шкула наукăпа методика литератури ярса пачĕ. Халĕ Культура çуртне валли чăваш юррисем çырнă грампластинкăсем, магнитофон кассетисем, сăнарлă искусство произведенийĕсем, художество пултарулăх коллективĕ валли чăваш кĕпе-тумтирĕ хатĕрлет.

Майăн 25—29-мĕшĕсенче Пушкăртстанра Чăвашъен культурипе литературин кунĕсем ирттерме палăртрăмăр. Юрă-ташă ăстисемпе тата творчество союзĕсен представителĕсемпе пĕрле К. Иванов ячĕпе хисепленекен Чăваш государство академи драма театрĕн коллективĕ, поэт произведенийĕсем тăрăх ӳкернĕ картинăсен выставки çула тухĕç.

**— К. Иванов пурнăçĕпе ĕçĕ-хĕлĕ Чĕмпĕрти чăваш шкулĕпе уйрăлми тача çыхăннă. Вăл кунта вĕреннĕ, каярах хăй учитель пулса ĕçленĕ, чылай произведенине, çав шутра «Нарспи» поэмăна та, çакăнта çырнă. Эппин, Ульяновск та чăвашсен чаплă поэчĕн юбилейне асра юлмалла палăртма тивĕçлĕ пек туйăнать.**

— Ку ыйтупа Яковлев шкулĕ пулнă хулара пирĕн аслă просветитель ячĕпе хисепленекен чăвашсен культурăпа çутĕç обществи хастар ĕçлет. Сăмахран, хула урамĕсенчен пĕрне К. Иванов ятне парасшăн тăрăшаççĕ Ульяновск чăвашĕсем. Яковлев шкулне чĕртсе тăратни те унта вĕреннĕ, ĕçленĕ çынсене асра тытнине, сума сунине пĕлтерĕччĕ, просветитель ĕçне малалла тăсни çинчен калĕччĕ. Ульяновскра, область районĕсенче майăн 14—17-мĕшĕсенче иртеççĕ Иванов кунĕсем. Общество чăваш культуришĕн, чĕлхишĕн тăрăшнине чăннипех ырă сăмаха тивĕçлĕ.

**— Пушкăртстанпа Ульяновск чăвашĕсем юбилее тивĕçлипе кĕтсе илме хатĕрленни савăнтарать. Чаплă уявпа çыхăннă ĕçсен чи пысăк пайне, паллах, Шупашкарăн туса ирттерме тивет. Ку енĕпе паянхи лару-тăру мĕнлерех пулнине пĕлес килет.**

— Уяв мероприятийĕсем, тĕпрен илсен, май уйăхĕнче пулса иртĕç. Унччен мĕн тума палăртнă-ха? Часах Чăваш кĕнеке издательствинче К. Ивановăн «Çырнисен пуххи» чăвашла тата вырăсла пичетленсе тухмалла. Çамрăк вулакансем патне поэт сăввисенчен йĕркеленĕ «Сентти» кĕнеке çитмелле. «Нарспи» авторĕн пурнăçĕпе ĕçĕ-хĕлне халалланă фотоальбом та, «Нарспи» Чăваш театрĕн сцени çинче» буклет та юбилей тĕлне лайăх парне пулĕ. К. Иванова аса илсе çырнă статьясен пуххи те, «К. В. Иванов произведенийĕсен поэтики» тата «К. В. Иванов сăввисем тăрăх хывнă юрăсемпе хорсем» кĕнекесем те вулакансемшĕн интереслĕ пуласăн туйăнать.

Поэтăмăрăн произведенийĕсене пирĕн çĕршыври, тĕнчери чылай халăх чĕлхине куçарнă. Çулран çул ку хисеп ӳссе пырать. Юбилей умĕн К. Иванов сăввисем венгр, итальян, француз тата акăлчан чĕлхисемпе пичетленсе тухрĕç. Çитес вăхăтра таджик, якут, пушкăрт тата мари вулакансем чăваш поэчĕн произведенийĕсене тăван чĕлхепе вулама пултарĕç.

Юбилей кунĕсенче республикăри К. В. Иванов ячĕпе хисепленекен литература музейне уçма палăртнă. Чăваш комсомолĕн Çеçпĕл Мишши ячĕпе хисепленекен премийĕн лауреачĕсем Ю. Матросовпа Ю. Ювенальев ертсе пынипе халĕ музейра художниксен ушкăнĕ экспозицисем вырнаçтарать. Музей экскурсантсене çĕнĕ адреспа кĕтсе илĕ: Ленинград урамĕ, 29/20 çурт.

Тăван литература классикĕ çуралнăранпа 100 çул çитнине халалласа наука тĕпчев институтĕнче наукăпа практика конференцийĕ пулса иртет. Унта çĕршывăн тĕрлĕ кĕтесĕсенчен хăнасем килессе кĕтетпĕр.

Май уйăхĕнче Шупашкарта республикăри кĕнеке уявне ирттерме палăртнă. Художество музейĕнче К. Иванов произведенийĕсем тăрăх ӳкернĕ картинăсен выставки ĕçлĕ. Театрсен репертуарĕнче май уйăхĕнче «Нарспи» драмăпа опера тивĕçлĕ вырăн йышăнĕç.

Республика Министрсен Совечĕ аслă поэт юбилейне халалласа асăну укçи кăларас тесе СССР Финанс министерствипе СССР Госбанкĕн правленине сĕнӳ тăратрĕ. Сĕнĕве йышăнчĕç. Асăну укçин эскизне К. В. Иванов ячĕпе хисепленекен Чăваш АССР Государство премийĕн лауреачĕ Э. Юрьев художник туса хатĕрлерĕ.

Юбилей çитиччен виçĕ уйăх юлчĕ. Музейсемпе библиотекăсем, аслă вĕренӳ заведенийĕсемпе шкулсем поэтăмăр эткерлĕхне пропагандăлас тĕлĕшпе хастартарах ĕçлеме пуçларĕç. Вĕсем писательсемпе тĕлпулусем, выставкăсем йĕркелеççĕ, поэзи касĕсем, калаçусем ирттереççĕ. Юбилей иртсе кайнă хыççăн та чарăнмĕ ку ĕç — 1990 çул К. Иванов çулталăкĕ-çке.

**— Сумлă юбилей ячĕпе халăхăмăрăн мухтавлă ывăлĕсене çĕршывăн тĕп хулинче те — Мускавра — чыслакан-ччĕ...**

— ЮНЕСКО календарьне кĕртнĕ датăна Мускаври Союзсен çуртĕн Колоннăллă залĕнче чаплан палăртас тетпĕр. Чăваш литературин классикĕн юбилейне чыслама çĕршывăн тĕрлĕ кĕтесĕсенчен писательсем пыма кăмăл тунине пĕлтерчĕç, ют çĕршыв хăнисем те чаплă уява пырасса шанатпăр. Юбилей кунĕсенче Мускавра чăваш художникĕсен произведенийĕсен выставки ĕçлĕ.

К. Иванова халалланă савăнăçлă литература касĕсем ытти хуласенче те иртĕç. Шупашкарта К. В. Иванов ячĕпе хисепленекен Чăваш государство академи драма театрĕнче савăнăçлă каç майăн 22-мĕшĕнче пулать, Слакпуçĕнче — поэт çуралнă кун: майăн 27-мĕшĕнче.

---

ПИРĔН Нĕрĕш ялĕ малашсăрлаххисен шутне кĕмен пулин те, пурнăçра йывăрлăхсем, татса паман ыйтусем темĕн чухлех. Ялта 113 кил, [illegible] хуçа. 25 килте пĕччен ватăсем кăна пурăнаççĕ. 5—6 çул хушшинче ялта пĕр çĕнĕ çурт те лартман. Ялта тĕпленес пурăнас шутла çын хăй валли кил-çурт çавăрасси çинчен ĕмĕтленетех ĕнте. Хăй вăйĕпе çурт лартнă çын чăн-чăн ял çынни. Анчах та малашне çулсенче ялта кил-çурт çавăрма питĕ йывăр. Материалсем — йывăç, кирпĕч, [illegible] тарнă. Кунта икĕ сменăпа 80 çын ĕçлемелле. Çĕвĕ цехĕ пĕлтĕр хута каймаллаччĕ. Çавранăçулăх çитменнипе ку ĕç кунран-кун тăсăлса пычĕ. [illegible] те [illegible] хăварас марччĕ. Кун пирки шухăшласа пăхмалла. Пирĕн енчи ялсенче тĕрлĕ ăстаçăсем нумай пулнă. [illegible] ялĕнче, ана, кирпĕч çапатчĕç, чашăк-тирĕк те, чӳлмек те тунă. Хăйсен таварĕсемпе тавраши ял çыннисене тивĕçтернĕ. Кăмака тăвакансемпе платник-столярсем кашни ялтах йышлăччĕ. Халĕ вĕ[illegible] çуртĕнче ĕçлекен руководительсем улшăнчĕç те, ырă пуçару сӳнсе ларчĕ. Халĕ çак ĕçе йĕркелесе яма пултаракан çын та çук. Пĕр шутласан, çамрăксен канăвне йĕркелеме майсем çук мар. Кашни ялта тенĕ пекех Культура çуртĕ е клуб пур. Ĕçе пуçарса йĕркелесе яраканĕ кирлĕ. Культура вучахне чĕртсе ярасси чи малтанах комсомол организацийĕн тивĕçĕ. Халĕ эпир çамрăксене физкультурăпа спорт ĕçне те явăçтарма пултараймастпăр. Çак ĕçшĕн ответлă работник [illegible] таврăнаççĕ. Каллех ĕне савăтса унта-кунта тăрантармалла. Ку вара ватă çынсене кăна мар, çамрăксене те ытла та йывăр. Кĕтӳ сӳретменнипе улăх-çарансем уйăрса памалла, теççĕ те, сăмах панипех çырлахаççĕ. Ку сирĕн выльăх, ку пирĕн, тесе уйăрни нумай чăрмантарать. Колхозра ĕçлесе ватăлнă пенсионерсем выльăх-чĕрлĕх те, чăх-чĕп те усрасшăн. Анчах та утă улăмпа та, тырăпа та тивĕçтермеççĕ. Апла пулин те, ял çыннисем пĕлтĕр государство[illegible] шутпа, районти санэпидстанци çумĕнче колорада нарриссене пĕтерес енĕпе ĕçлекен уйрăм бригада йĕркелемелле. Ялсем тăрăх çӳресе, çĕрулми анисем çине имçам сапчăр. Ун[illegible] хуçи укçа тӳлетĕр. Халĕ имçам кам епле тупма пултарать, çапла тупать. Хăшĕсем сапма йĕркипе пĕлмесĕр иккĕк тӳснисем те пулаççĕ.

Хальхи условисенче килти хуçалăхра тата арендаторсемпе кооператорсене те пĕчĕк тракторсемпе механизм[illegible]

---

# УРĂХ ÇĔРШЫВСЕНЧЕ

## Политика улшăнмасть

ПЕКИН, январĕн 30-мĕшĕ. (ТАСС). Китай малашне те тарăн улшăнусем туса ирттермелли тата тулашри тĕнчепе тытакан çыхăнусене анлăлатмалли политика тытса пырасси пирки иккĕленнине нимĕнле сăлтавсемпе те çирĕплетме çук. Китайри Коммунистсен партийĕн çак политики улшăнмасть, пĕлтернĕ КПК Центральнăй Комитечĕн Политбюровĕн яланхи комитечĕн членĕ Цяо Ши. Кăнтăр Китайри Гуандун провинцийĕнчи ĕçсыннисем умĕнче сăмах каласа, вăл çакна палăртнă: «Хуçалăх ĕçне лайăхлатмалли тата çĕршыв экономикине йĕркене кĕртмелли çул-йĕре пурнăçланă май реформăсен политики улшăнать тесе шутлама кирлĕ мар. Тарăн улшăнусем туса ирттерне тата тулашри тĕнчепе тытакан çыхăнусене тарăллатмалли политикăна пурнăçа кĕртнĕ май çĕршыври лару-тăру та лайăхланма тивĕçлĕ».

## Вырăнтан тухнă

БУХАРЕСТ. Румыни Наци çăлакан фрончĕн совечĕн председателĕн пĕррремĕш заместителĕ Думитру Мазилу вырăнтан тухнă. Хăйĕн решенийĕ пирки вăл çапла ăнлантарса панă: сталинла меслетсемпе ĕçсем çав-çавах сыхланса юлнă-ха, çынсене тивĕççĕр сăлтавсемпе çав-çавах айăплаççĕ, пĕрисене вырăнтан кăларма, теприсене çĕклеме çав-çавах пичетпе усă кураççĕ.

Çак вырăнта ĕçлеме эпĕ чи малтанхи самантран пуçласах килĕшесшĕн пулмарăм, тесе çырнă Д. Мазилу. Çирĕп ĕненсе çапла шутлатăп: революци тунă çынсем çав революцишĕн нимĕн те туманнисем революци çĕнтерĕвĕсене ярса илнипе килĕшесшĕн пулмĕç.

(ТАСС).

## Социализм çул-йĕрĕпе

ЛУАНДА, январĕн 30-мĕшĕ. (ТАСС). Анголăри, Конгăри, Мозамбикпа Эфиопири влаçра тăракан партисен тĕп контрольпе ревизи органĕсен руководителĕсен Луандăра ирттернĕ конференцийĕнче Африкăра социализм туса хумалли çул-йĕрсене сӳтсе явнă. НПЛА — Ĕçлев партийĕн, Конгăри ĕçлев партийĕн, ФРЕЛИМО партийĕн, Эфиопири рабочисен партийĕн представителĕсем Хĕвелтухăç Европари çĕршывсенче социаллă пурнăçпа экономикăра туса ирттерекен тарăн улшăнусене, политика системине çĕнетсе улăштарнине, çавăн пекех вĕсем Африкăри государствăсене мĕнлерех витĕм кӳнине тишкернĕ. Конференцие хутшăннисем йывăр лару-тăрăва çăмăллатса пыма пуçланине ырланă. Ку вăл тĕнчере, çав шутра Африка континентĕнче мир туса хума пулăшать. Делегатсем Ангола, Мозамбик тата Эфиопи халăхĕсем контрреволюцилле вăйсемпе раскольникла ушкăнсене хирĕç кĕрешнине, çавăн пекех çак çĕршывсен руководствисем тăвакан мирлĕ пуçарусене ырлани çинчен пĕлтернĕ.

## Иккĕлентерекен ыйтусем пур

ПАРИЖ, январĕн 30-мĕшĕ. (ТАСС). Хĕвелтухăç Европа çĕршывĕсенче çакăн пек хăвăрт тата тарăн улшăнусем пулса иртни иккĕленӳллĕ ыйтусем кăларса тăратать. Çакна пытармалли çук, пĕлтернĕ Франци президенчĕ Франсуа Миттеран Франци столицине государство визичĕпе килнĕ Итали президенчĕ Франческо Коссиги ячĕпе ирттернĕ апатра.

Елĕкхи ыйтусем çĕнĕрен тухса тăраççĕ, çĕннисем те нумайланса пыраççĕ, тенĕ Франци президенчĕ. Çавна май вăл тĕслĕх вырăнне нимĕç халăхĕн «наци вăранăвне» тата халăха пĕрлештерме тăрăшни законлă пулнине илсе кăтартнă. Пĕтĕмĕшле илсен, тухса тăракан ыйтусене пурне те иртнине манмасан çеç татса пама пулать, пĕлтернĕ хăйĕн шухăшне Франсуа Миттеран. Çавăн пекех вăл Хĕвелтухăç Европăри çĕршывсене пулăшас тĕлĕшпе нумай ĕçлеме тивнине кăтартса панă.

## Францири событисем

ПАРИЖ, январĕн 30-мĕшĕ. (ТАСС). «Юманите» хаçатăн политикăллă директорĕ Ролан Леруа РМС радиостанци представителĕпе калаçнă. Вăл юлашки вăхăтра Францире коммунизма хирĕçле кампани пуçланнине сивленĕ. Çак кампани тĕллевĕ — компартин хăйĕн шухăшне пĕлтермелли правине пĕтересси çеç мар, партие хăйне пĕтересси, тенĕ Ролан Леруа.

Хĕвелтухăç Европăри çĕршывсенче хальхи вăхăтра пулса иртекен событисем — Францири коммунистсемшĕн çĕнĕ япала мар. Вĕсем çав событисем пуçланасса малтанах пĕлсе тăнă. Францири компарти Францире шухăшсен нумайлăхне аталантарассишĕн, самоуправлени никĕсĕ çинче çынна юратмалли социализм туса хурассишĕн кĕрешет. Коммунизма хирĕç хаяр кампани пуçланнине пăхмасăр, хальхи вăхăтра çĕршер çын ФКП ретне кĕрет. Вĕсем Францие шăпах çакăн пек парти кирлĕ, тесе шутлаççĕ.

## Ливанрах юлаççĕ

НЬЮ-ЙОРК, январĕн 30-мĕшĕ. (ТАСС). ООН генеральнăй секретарĕ Хавьер Перес де Куэльяр ООНăн Ливанри вăхăтлăх вăйĕсен мандатне тăсма кирли çинчен каланă. Унăн кунта сарнă докладĕнче палăртнă тăрăх, консультацисем вăхăтĕнче Ливан влаçĕсем çакна çирĕп шанса тăнине пĕлтернĕ: Ливанра Конституци влаçне çĕнĕрен çирĕплетни çак вăйсен мандатне пурнăçлас ĕçре çитĕнӳ тума çĕнĕ майсем уçса парать.

## Хĕçпăшал туянать

САН-ФРАНЦИСКО, январĕн 30-мĕшĕ. (ТАСС). «Форд мотор» корпорацийĕн çарпа промышленность филиалĕ пулса тăракан «Форд аэроспейс» компани Египет çарне «Чапаррэл» зенитлă ракетăсем сутасси пирки пысăк килĕшӳ туни çинчен пĕлтернĕ.

Компани представителĕн сăмахĕсем тăрăх, Египет ракетă[illegible]

## *Тĕрлĕ континентсенче*

БОГОТА. Пĕрлешӳллĕ Штатсем Колумби влаçĕсене наркотик туса илекенсене хирĕç пыракан кĕрешӳре пулăшнипе пĕрлех Колумбирен илсе килекен чечексемшĕн таможня налогĕсене ӳстерсе янипе çĕршыва [illegible] кӳреççĕ. Çакăн çинчен Колумби президенчĕ Виргилио Барко пĕлтернĕ. 1989 çулта Колумби США-на 180 миллион долларлăх чĕрĕ чечексем ăсатнă. Чечексене 35 пин магазинта тата 10 пин супермаркетсенче сутнă. Маларах США суту-илӳ министрĕ Колумбирен илсе килекен чечексемшĕн таможня налогне пысăклатасси çинчен решени йышăннă, çакна вăл çĕршывра [illegible]

[illegible]кан проектне — «Европăн 90-мĕш çулсенчи истребителĕ» проекта — хутшăнма чарасшăн кĕрешеççĕ. Европăра позитивла туртăмсем çирĕпленсе пыни çакнашкал проекта пурнăça кĕртни кирлĕх маррине кăтартса [illegible] лĕх, палăртнă СВДП генеральнăй секретарĕ, бундесвер хăйĕн 350 пин çынна çити чакарни вырăнлă пулать тесе шутлать.

ПХЕНЬЯН. Корейăри социал-демократла партин Центральнăй Комитечĕн председателĕ Ли Ге Бэк США-па Кăнтăр Корейăн кăçал пĕрлехи çар вĕренĕвĕсем ирттермелле планне сивленĕ. Вăл хаçатра пичетлесе кăларнă статьяра [illegible]

— Пулас палăк проекчĕсен конкурсĕ çинчен чылайăшĕ пĕлет пулĕ тетĕп. Вăл мĕнле иртни пирки хăй вăхăтĕнче хаçат-журналта тĕплĕн каласа панă. Жюри В. Нагорнов скульптор проекчĕ чи ăнăçли тесе йышăнчĕ. Автор, В. Филатовпа пĕрле, проектпа малалла ĕçлет. Туса пултараймастпăр. Чăваш АССР Госстройĕпе «Чувашграждан-проект» институт, акă, К. Иванов çурт-музейĕн эскизне, Слакпуç ялĕн генеральнăй планне, поэтсен çăлкуçĕн проектне пĕр тӳлевсĕр хатĕрлесе пачĕç. Халĕ Шупашкарти агрегат завочĕ К. Иванов паркĕ

— Ку ыйтупа Яковлев шкулĕ пулнă хулара пирĕн аслă просветитель ячĕпе хисепленекен чăвашсен культурăпа çутĕç обществи хастар ĕçлет. Сăмахран, хула урамĕсенчен пĕрне К. Иванов ятне парасшăн тăрăшаççĕ Ульяновск чăвашĕсем. Яковлев шкулне чĕртсе сепленекен литература музейне уçма палăртнă. Чăваш комсомолĕн Çеçпĕл Мишши ячĕпе хисепленекен премийĕн лауреачĕсем Ю. Матросовпа Ю. Ювенальев ертсе пынипе халĕ музейра художниксен ушкăнĕ экспозицисем вырнаçтарать. Музей экскурсантсене çĕнĕ алти хуласенче те иртĕç. Шупашкарта К. В. Иванов ячĕпе хисепленекен Чăваш государство академи драма театрĕнче савăнăçлă каç майăн 22-мĕшĕнче пулать, Слакпуçĕнче — поэт çуралнă кун: майăн 27-мĕшĕнче.

Ял шăпи

# Хресчене мĕн хумхантарать?

ПИРĔН Нĕрĕш ялĕ маларлаххисен шутне кĕмен пулин те, пурнăçра йывăрлăхсем, татса паман ыйтусем темĕн чухлех. Ялта 113 кил, вĕсенчен вунçиччĕшĕ хупă. 25 килте пĕччен ватăсем кăна пурăнаççĕ. 5—6 çул хушшинче ялта пĕр çĕнĕ пӳрт те лартман. Ялта тĕпленсе пурăнас шутлă çын хăй валли кил-çурт çавăрасси çинчен ĕмĕтленетех ĕнтĕ. Хăй вăйĕпе пӳрт лартнă çын чăн-чăн ял çынни. Анчах та юлашки çулсенче ялта кил-çурт çавăрма питĕ йывăр. Материалсем — йывăç, кирпĕч, цемент, шифер кăçта туянма çук. Çак йывăрлăхран тухас шутпа пирĕн ял çыннисем Кирери вăрман комбинатĕнчен щитлă вичĕ çурт илсе килчĕç. Епле савăнмăн-ха, хатĕр детальсене пух та — вичĕ пӳлĕмлĕ пӳрт хатĕр. Анчах та кантăк кĕленчи, пата, цемент, оргалит, электропроводка тата ытти материалсене çителĕклĕ парса яман-мен. Çивиттипе кирпĕч пачах паман. Пӳрт хуçисем çавăнпах унта-кунта чупса хашкăлчĕç, çапах çитмен япаласене тупаймарĕç.

Совхоз пурăнмалли çурт-йĕр тăвать-ха. Ку — ял çыннишĕн çăмăллăх. Шел, вĕсем пурте тĕп усадьбăра. Ытти ялсенче епле пурăнмалла? Пурнăç çакна çирĕплетсе парĕ: совхоз рабочийĕсене пурăнма 2—3 хутлă çурт мар, ялсенче уйрăм пурăнмалли çуртсем лартни усăллăрах. Мĕншĕн тесен çуллĕ çуртра пурăнакансем, пахча выранĕпе усă курассĕ пулин те, выльăх-чĕрлĕх, чăх-чĕп сахал усраççĕ. Пахчаçимĕçе те çителĕклĕ туса илеймеççĕ. Мĕншĕн тесен нумай хватетерлĕ çуртсем тавра çĕр сахал уйăрса параççĕ, выльăх-чĕрлĕх валли вите-сарай лартма вырăн юлмасть. Пахчаçимĕç çитĕнтерессипе те çав чăрмавах — çĕр çукки.

Ялта çамрăксем тытăнса тăмаççи нумай шухăшлаттарать. Пуррисем те механизаторсем кăна. Тĕлĕнмелле мар-и, пирĕн ялта ĕçлесе пурăнакан пĕр хĕр те çук. Хĕрсемсĕр ял — чечексĕр сад, теççĕ. Тĕрĕс ку. Çемьеллĕ пулма вăхăт çитнĕ каччăсем темиçе те, çураçма хĕрĕсем çук-çке. Пĕр шутласан, хĕрсем валли хĕлĕ-çăвĕн ĕçлеме ĕç те çук. Фермăсенче ĕçлесшĕнех мар, мĕншĕн тесен унта ĕçлеме условисем питĕ япăх, ĕçне ытларах ал вăйĕпе тумалла. Çапла вара вăтам шкул пĕтересçĕ те хулана тухса шăвăнаççĕ. Пулă та ăçта тăранрах, унта пурăнасшăн, тенĕ пекех. Каникулсем сăмал. лайăх ĕç шырать. Çавăнпа хĕрсем хуларан яла килесшĕн мар. Вĕсем хыççăн хулана каччăсем куçса каяççĕ.

Çамрăксене ялта çирĕплетсе хăварас тĕлĕшпе совхоз дирекцийĕ ырă пуçару турĕ: Шупашкарти чăлхапа трикотаж фабрикин филиалне уçасшăн. Ăна валли Шĕнер ялĕнче юрăхлă çурт тупнă. Юсаса йĕркене кĕртсе çитернĕ, кирлĕ оборудовани вырнаçтарнă. Кунта икĕ сменăпа 80 çын ĕçлемелле. Çĕве цехĕ пелтĕр хута каймаллаччĕ. Çавранăçулăх çитменнипе ку ĕç куçран-куç тăсăлса пычĕ.

Ваттисен ăсталăхне те манăçа хăварас марччĕ. Кун пирки шухăшласа пăхмалла. Пирĕн енчи ялсенче тĕрлĕ ăстаçăсем нумай пулнă. Чиричкасси ялĕнче, акă, кирпĕч çапатчĕç, чашăк-тирĕк те, чӳлмек те тунă. Хăйсен таварĕсемпе таврари ял çыннисене тивĕçтернĕ. Кăмака тăвакансемпе платник-столярсем кашни ялтах йышлăччĕ. Халĕ вĕсене шыраса хăшкăлатпăр. Совхозра строительство бригади е кооператив йĕркелесен эпле аванччĕ. Ку вăл ватă çынсене уйрăмах кирлĕ: кăмăн пӳрт, сарай е хапха юсамалла Сахал-и ĕç хуçалăхра. Укçи-тенки те пур, туса паракане çук.

Ялта пурăнма кичем, тенине илтме пулать час-часах çамрăксенчен. Капла каласан, хамăран çамрăклăх аса килет. Ĕç хыççăн, каç пулттипе хуткупăсăн илемлĕ кĕвви чуна çĕклентерсе яратчĕ. Яш-кĕрĕм ял хĕрринчи çерем çинче карталанса тĕрлĕ юрăкĕвĕ шăрантарнă, ура хуçса ташша илтернĕ. Ялсенче туй хыççăн туй кĕрленĕ. Утă уйăхĕн малтанхи кунĕсенче Çĕрпӳ ярмăркkипе киленнĕ. Хĕллехи каçсенче хĕрсем улах ларнă, унта алĕç тунă. Каччăсем улаха тухиччĕн пĕрер мăшăр çăпата тунă. Спектакльсем лартнă. Вăл вăхăтра клубсем пулман та, колхоз правленийĕн çуртне пухăнаттăмăр. Эрех ĕçсе çӳремен. Ватă çынсенчен имешĕ, хирĕç пулсан пуç тайса сывлăх сунмасăр иртмен. Пĕр-пĕрне пулăшасси çирĕп йăлана кĕнĕ.

Хальхи çамрăксем ытла та мĕскĕннĕн пурăнаççĕ пек туйăнать. Ялта хуткупăс сасси мар, йытă вĕрни сас илтĕнет. Каймалли кунсенче хуларан килнĕ каччăсем, алла радиоприемник тытса, ют кĕвĕсене нăрлаттарса çӳреççĕ-ха. Хуткупăспа калама пĕлекен те 2—3 çын кăна юлнă. Çак сăлтавсене пулах ялта чăвашăн илемлĕ ташшисем манăçа тухаççĕ, ытарма çук çепĕç юррисем илтĕнми пулчĕç. Акă, 5—6 çул каярах кăна кӳршĕри Чиричкасси ялĕнчи Культура çуртĕ çумĕнче фольклор коллективĕ ĕçлетчĕ. Илемлĕ юрри-ташшине, çи-пуçне таврари ялсенчи çынсем курса савăннă. Коллектива паян кун та ырăпа асăнассĕ. Культура çуртĕнче ĕçлекен руководительсем улшăнчĕç те, ырă пуçару сӳнсе ларчĕ. Халĕ çак ĕçе йĕркелесе яма пултаракан çын та çук. Пĕр шутласан, çамрăксен канăвне йĕркелеме майсем çук мар. Кашни ялта тенĕ пекех Культура çуртĕ е клуб пур. Ĕçе пуçарса йĕркелесе яраканĕ кирлĕ. Культура вучахне чĕртсе ярасси чи малтанах комсомол организацийĕн тивĕçĕ. Халĕ эпир çамрăксене физкультурăпа спорт ĕçне те явăçтарма пултараймастпăр. Çак ĕçшĕн ответлă работник та пур, ĕçĕ курăнмасть. Халĕ çамрăксем кам мĕнле пĕлнĕ, вăхăта çапла ирттереççĕ. Кунта совхозри парткомпа профкомăн та айăпĕ сахал мар, тесшĕн эпĕ.

Ялта ĕçчен çын кăна пурăнма пултарать, теççĕ хăшĕсем. Ку тĕрĕс те пулĕ. Мĕншĕн тесен ялта пурăнакансен куллен кун ĕçре ăшталанма тивет. Кунĕпе совхозра ĕçлет-ха, килти хуçалăхра татах мĕн чухлĕ ĕç кĕтет, шутласа та пĕтерес çук. Хулапа ял хушшинчи уйрăмлăх питĕ пысăк. Тертлĕ пулин те, ял çыннисем выльăх-чĕрлĕхпе чăх-чĕп, пахчаçимĕç ӳстерме тăрăшаççĕ. Кил-çурта та юхăнтармалла мар. Хăйсенчен ытлашши выльăх-чĕрлĕх продукчĕсене государствăна сутаççĕ. Анчах та ку ĕçре чăрмавсем те пур-ха. 1989 çулхи октябрĕн 11-мĕшĕнче «Коммунизм ялавĕ» хаçатра Чăваш АССР Верховнăй Совечĕн Президиумĕн председателĕн А. Леонтьеван статйи пичетленсе тухрĕ. Унта килти хушма хуçалăха аталантарас ыйтусене питĕ вырăнлă хускатнă. Паллах, ĕçе тĕрĕс йĕркелесе, пулăшса пырсан, апат-çимĕç программине пурнăçлас ĕçре килти хуçалăхсем пысăк пулăшу пама пултараççĕ. Анчах та пурнăçра шухăшланă пек пурте йĕркеллĕ пулса пымасть çав, вуншар чăрмав сиксе тухать. Сĕт-су, аш-какай сутнишĕн пирĕн совхоз та ута-улăмпа, тырăпа тивĕçтерет. Анчах та темшĕн вăхăтра уйăрса параймасть. Акă, сĕт сутнишĕн улăм декабрь уйăхне кĕмесĕр те памарĕç. Хĕл кунĕсенче выльăха улăмсăр епле усрамалла? Пĕр килограмм сĕтшĕн 200 грамм çăс тырă памалла тунă пулин те, унпа та вăхăтра тивĕçтереймерĕç. Ял кĕтĕвĕ сырма-сатраллă вырăнсенче кăна çӳренипе, суллахи вăхăтра выльăхсем киле выçă таврăнаççĕ. Каллех ĕне çавăтса унта-кунта тăрантармалла. Ку вара ватă çынсене кăна мар, çамрăксене те ытла та йывăр. Кĕтӳ çӳретменнипе улăх-çарансем уйăрса памалла, теççĕ те, çăмах панипех çырлахаççĕ. Ку сирĕн выльăх, ку пирĕн, тесе уйăрки нумай чăрмантарать. Колхозра ĕçлесе ватăлнă пенсионерсем выльăх-чĕрлĕх те, чăх-чĕп те усрасшăн. Анчах та утă-улăмпа та, тырăпа та тивĕçтермеççĕ. Апла пулин те, ял çыннисем пĕлтĕр государствăна 200 центнер ытла сĕт, икĕ центнер ытла çăм, аш-какай чылай сутнă. Выльăх-чĕрлĕх усрама лайăх условисем туса парсан, ку хисеп татах пысăкрах пулнă пулĕччĕ. Халĕ вара ялта выльăх-чĕрлĕх кĕтĕвĕ султан-çул чаксах пырать. Халĕ вичĕ киле пĕр ĕне кăна лекет. Юлашки икĕ çулта 12 ĕне чакнă.

Ялта пурăнакансене Çĕрпӳ райповĕн ĕçĕ хумхантарать. Пирĕн енче пĕр хатĕрлевçĕ те çук. Çынсем тир, çăм пама Çĕрпӳ хулине е Куславкка районĕнчи Энтри Пасар ялне çӳреççĕ. Кĕленче савăт-сапана вырнаçтарма та чăрмав. Кĕр енне ура айĕнче выльăх апачĕ пĕтсен, çынсем кăçалхи пăрусене сутма тăрăшаççĕ. Илекене часах тупăнмасть. Пасара çавăтса кайма инçе. Юрать-ха, кашни çулах тутарсем килсе йӳнĕрех хакпа пухса каяççĕ. Çав вăхăтрах магазинсенче какай çук тесе пĕр-пĕрнипе тавлашса ларатпăр. Иртнĕ çулта пахчаçимĕç ăкса пулчĕ. Каллех Хусантан килчĕç те пĕр витре сливăна вунă тенкĕ парса пухса кайрĕç. Вĕсемех тырăпа улăштарса çĕрулми те пухаççĕ. Эпир хамăр япалапа хамăр усă курма чухлаймастпăр. Ялти магазинсем чухăн. Унта çитĕннисемпе ача-пăча валли юрăхлă çипуç тупса илме çук. Холодильниксем, çĕвĕ çĕлемелли, кĕпе çумалли машинăсем питĕ сахал кӳрсе килеççĕ.

Ялта пурăнакансене килти хуçалăха тытса тăма, ĕçлеме йывăр. Паянхи куна ситсе те пахчари çĕре кăпкалатас, çĕрулми лартас тата кăларас ĕçсене алă вĕççĕн тума тивет. Пĕтĕмпех кĕреçепе. Çавăнпа ватă çынсене ытла та йывăр лекет. Чи хăрушши колорадо нăрри. Пĕчĕк пулин те, вăл ытла та сăткăн. Ăна пĕтерессишĕн çынсем çу каçипе тĕрмешеççĕ. Пирĕн шутпа, районти санэпидстанци çумĕнче колорадо нăррисене пĕтерес енĕпе ĕçлекен уйрăм бригада йĕркелемелле. Ялсем тăрăх çӳресе, çĕрулми анисем çине имçам сапчăр. Унпа хуçи укçа тӳлетĕр. Халĕ имçам кам епле тупма пултарать, çапла тупать. Хăшĕсем сапма йĕркине пĕлмесĕр инкек тӳснисем те пулаççĕ.

Хальхи условисенче килти хуçалăхра тата арендаторсемпе кооператорсене те пĕчĕк тракторсемпе механизмсем питĕ кирлĕ. Пермьри пĕр заводра мотоблок кăларнине пĕлетпĕр. Унпа килти хуçалăхра вуншар тĕрлĕ ĕç тума пулать. Ĕçе хавăртлатма урăхла майсем те пур. Ялсенче тĕрлĕ машинăсем, механизмсем ăсталакан çынсем сахал мар. Сăмахран, пирĕн кӳршĕри Геннадий Александров аэроçуна тума пултарнă, халĕ вичĕ урапаллă пĕчĕк трактор турĕ, кăкарма плуг, урапа та пур. Çак тракторпа пахча сухалать, тĕрлĕ япаласем турттарать. Энĕшхĕрри ялĕнче пурăнакан Григорий Павловăн ывăлĕсем — Леонидпа Юрий тăватă урапаллă пĕчĕк трактор тунă, ун валли урапа ăсталанă. Çакă тĕлĕнтерет: мĕншĕн ăстаçăсен ĕçĕпе никам та интересленмест? Шупашкарта выставка йĕркелесен те аван пулмалла.

Эпĕ астăвасса Иваново салинчи 1905 çул ячĕпе хисепленекен колхозра (халĕ вăл Çĕрпӳри сăнав станцине кĕрет) çил вăйĕпе ĕçлекен икĕ двигатель пурччĕ. Пĕри Иваново ячĕнчи фермăра, тепри Мами салинчи фермăра ĕçлетчĕ. Вĕсем фермăсене йӳнĕ энерги парса тăнă. Кунсăр пуçне, кашни ялăн çил арманĕ пулнă. Пĕр шутласан, çил вăйĕпе çынсем тахçанах усă курма пĕлнĕ. Унтан йӳнĕ энерги мĕн пултăр. Пирĕн патăрти Çавал шывĕ çинче шыварманĕсем йышлăччĕ. Каярах колхозсем электростанцисем те лартнăччĕ. Хальхи вăхăтра пирĕн ял çыннисемшĕн шыв ыйтăвĕ те çивĕч тăрать. Ялти тăватă пусăран иккĕшĕнче шыв ĕçме юрăхлă мар. Çавăнпа ялта водопровод хывма наказ парса хăварнăччĕ. Унтанпа икĕ суйлав иртрĕ, вичçĕмеш те инçех мар, ĕçĕ вара вырăнтах. Çак хушăра башнине лартрĕç-ха, шывĕ тарма пултарать, теççĕ. Ку ыйтупа пухусенче нумай каласнă, усси пур-пĕрех çук. Ял тата урам уявĕсене, депутат кунĕсене, çĕнĕ çăкăр уявне мĕншĕн ирттермелле мар? Халăх пухăвĕсем те сайра пулаççĕ. Мĕншĕн халăхпа тĕл пулса ял çыннисен шухăшне ыйтса пĕлес мар? Руководительсем, депутатсем çине тăрсан, ял часах вăй илĕ.

**В. КАПИТОНОВ,**
ĕçпе вăрçă ветеранĕ.
Çĕрпӳ районĕ.

нах пĕлсе тăнă. Францири компарти Францире шухăшсен нумайлăхне аталантарассишĕн, самоуправлени никĕсĕ çинче çынна юратмалли социализм туса хурассишĕн кĕрешет. Коммунизма хирĕç хаяр кампани пуçланнине пăхмасăр, хальхи вăхăтра çĕршер çын ФКП ретне кĕрет. Вĕсем Франци шăпах çакăн пек парти кирлĕ, тесе шутлаççĕ.

## Хĕçпăшал туянать

САН-ФРАНЦИСКО, январĕн 30-мĕшĕ. (ТАСС). «Форд мотор» корпорацин çарпа промышленность филиалĕ пулса тăракан «Форд аэроспейс» компани Египет çарне «Чапаррэл» зенитлă ракетăсем сутасси пирки пысăк килĕшӳ туни çинчен пĕлтерне.

Компани представителĕн, сăмахĕсем тăрăх, Египет ракетăсене куçарса çӳремелли тата вĕçтерсе ямалли 25 установка, вĕсем валли 432 ракета, çавăн пекех сывлăшран тапăнасран хӳтĕлекен радарлă система тата тăшманăн сывлăшри тĕллевĕсене палласа илекен электронлă система туянать. Килĕшĕвĕн пĕтĕмĕшле хакĕ 220 миллион доллара ларать.

Икĕ эрне каярах «Форд мотор» хуçисем çапла пĕлтернĕ: Америка правительстви хăй енчен çар хатĕрĕсем туса кăларма заявкăсем сахалтарах пама пултарнине шута илсе, вĕсем халиччен Пентагон заказĕсене пурнăçлас енĕпе специализациленнĕ «Форд аэроспейс» компание урăх çĕршывсемпе килĕшӳ тума ирĕк параççĕ. Çар промышленноçĕн заказĕсемпе ĕçлекен ытти пысăк корпорацисем те хăйсен чылай фирмине урăх çĕршывсен заказĕсемпе ĕçлеме ирĕк панă.

вăхăтлăх вăйсен мандатне тăсма кирли çинчен каланă. Унăн кунта сарнă докладĕнче влаçне çĕнĕрен çирĕплетни çак вăйсен мандатне пурнăçлас ĕçре çитĕнӳ тума çĕнĕ майсем уçса парать.

## Тĕрлĕ континентсенче

БОГОТА. Пĕрлешӳллĕ Штатсем Колумби влаçĕсене наркотик туса илекенсене хирĕç пыракан кĕрешӳре пулăшнипе пĕрлех Колумбирен илсе килекен чечексемшĕн таможня налогĕсене ӳстерсе яннипе çĕршыва сиен кӳреççĕ. Çакăн çинчен Колумби президенчĕ Виргилио Барко пĕлтернĕ. 1989 çулта Колумби США-на 180 миллион долларлăх чĕрĕ чечексем ăсатнă. Чечексене 35 пин магазинта тата 10 пин супермаркетсенче сутнă. Маларах США суту-илӳ министрĕ Колумбирен илсе килекен чечексемшĕн таможня налогне пысăклатасси çинчен решени йышăннă, çакна вăл çĕршывра чечеке рынокри хакран йӳнĕрех сутнипе айăплантарнă.

БОНН. СВДП — Федерациллĕ Германи Республикинчи правительство коалицине кĕнĕ партисенчен пĕри — СШАпа ССР Союзĕн стратегилле хĕçпăшал хăватне палăрмаллах чакарассишĕн, Европăри ахаль хĕçпăшал шайне танлаштарассишĕн кĕрешет. Çакăн çинчен Бонра ирттернĕ пресс-конференцире СВДП генеральнăй секретарĕ Корнелиа Шмайльн-Якобсен пĕлтернĕ. Журналистсене вăл партин суйлав умĕнхи программин проекчĕн тĕп положенийĕсемпе паллаштарнă, çак программăна сентябрĕн 29—30-мĕшĕсенче партин Нюрнбергра иртекен съездĕнче йышăнаççĕ. Кăçалхи çул вĕçĕнче ирттерме палăртнă бундестаг суйлавне хатĕрленсе, ирĕклĕ демократсем ФРГна тĕнчери çĕршывсен ытла та хака ларакан проектне — «Европăн 90-мĕш çулсенчи истребителĕ» проекта — хутшăнма чарассишĕн кĕрешеççĕ. Европăра позитивлă туртăмсем çирĕпленсе пыни çакнашкал проекта пурнăçа кĕртни кирлех маррине кăтартса парать. Çакăнпа пĕрлех, палăртнă СВДП генеральнăй секретарĕ, бундесвер хисепне 350 пин çынна çити чакарни вырăнлă пулать тесе шутлать.

ПХЕНЬЯН. Корейăри социал-демократла партин Центральнăй Комитечĕн председателĕ Ли Ге Бэк США-па Кантăр Корейăн кăçал пĕрлехи çар вĕренĕвĕсем ирттермелли планне сивленĕ. Вăл хаçатра пичетлесе каларнă статьяра çакна палăртнă: Корея çурутравĕ çинчи лару-тăрăва йĕркелесе ярас тĕлĕшпе Демократиллĕ Корея Халăх Республики панă çĕнĕ сĕнӳсем çине Вашингтонпа Сеул çар маневрĕсем ирттересси çинчен пĕлтернипе ответленĕ. США-па Кантăр Корея çак агрессивлă вĕренĕве ирттерме тăрăшни вĕсем çĕршыва мирлĕ çул-йĕрпе пĕрлештерессине хирĕç пулнине тата хирĕçсе пурăнмалли, пайланса каймалли çул-йĕре сыхласа хăварма тăрăшнине кăтартса параççĕ. Çар вĕренĕвĕсене хутшăнма Америка подразделенийĕсене США-ран, Гавай çуртравĕсем çинчен, Японипе Филиппинран куçарса килнине Вашингтон вăйпа хăратмалли политикăпа малашне те усă курма шутлани вырăнне хурса хаклама пулать.

(ТАСС).



БЕЛЬГИ. Çĕршыв столицинче «Эйзель» выставка комплексĕнче тĕнчери автосалон уçăлнă. 100 пин тăваткал метр ытла лаптăк йышăнакан стендсем çинче 336 фирмăпа предприяти хăйсен продукцийĕпе паллаштараççĕ.

Выставкăна килекенсене «Лада» автомашинăн вичĕ çĕнĕ моделĕ хытах интереслентернĕ. Вĕсене Совет Союзĕпе Бельгин «Скалдия — Волга» пĕрлехи обществи тăратнă. Çак модельсем чикĕ леш енчи фирмăсемпе çыхăну тытса ĕçленине сарса пыни мĕн тери паха результатсем пама пултарнине кăтартса параççĕ. ВАЗ-2108 модель никĕсĕ çинче туса хатĕрленĕ «Лада — Карлота» машинăна паллама та çук. Вăл шалтан та, тулаш енчен те питĕ улшăннă. Тепĕр модель — «Лада — Кабрио» та çăмăл машинăпа çӳреме юрататакансен кăмăлне каясса шанма пулать. Унăн кузовне Бельгипе Голландин пĕрлехи фирминче туса хатĕрлеççĕ.

**Ӳкерчĕк çинче:** «Мускав пики-1988» Маша Калинина «Лада — Кабрио» машинăна рекламăлать.

Рейтер — ТАСС телефотоӳкерчĕкĕ.

# ХĂНАРА— ПАЛЛĂ АРТИСТСЕМ

Куракансемшĕн юратнă актерпа тĕл пулни — яланах пысăк савăнăç. Çавăнпах пулĕ Мускавран килнĕ хăнасемпе курнăçма Шупашкарти «Сеспель» кинотеатра халăх йышлă пухăнчĕ. Ленинла комсомол ячĕпе хисеплевекен театр актерĕ, СССР халăх артисчĕ, СССР тата РСФСР государство премийĕсен лауреачĕ Евгений Леонов тата РСФСР халăх артистки Лариса Голубкина хăйсен пултарулăхĕнчи паллă тапхăрсемпе паллаштарчĕç, çĕнĕ ĕçĕсем çинчен каласа пачĕç. Шоу-театр программипе Рудольф Фурманов артист интереслĕ ертсе пычĕ. Паян кинотеатрта юлашки тĕлпулусем иртеççĕ.





● СССР халăх артисчĕ Е. П. Леонов тата РСФСР халăх артистки Л. И. Голубкина.

Ю. Дмитриев фотоÿкерчĕкĕсем.

## ШĂМĂРШĂ районĕнче

### Витĕмлĕ пулăшу

Шăмăршăри вăтам шкулăн аслă класĕсенче вĕренекенсем, «Шемуршинский» совхозпа килĕшÿ туса, А. Хлюкин учитель ертсе пынипе 2 гектар çинче хăмла çитĕнтерсе пачĕç.

Тăрăшни харама кайман вĕсен: арендаторсем государствăна чи лайăх пахалăхпа 1.594 килограмм типĕ хăмла сутрĕç. Совхозри рабочисем вара, акă, 4 гектар çинчен те çакăн чухлĕ пухса кĕртеймен.

— Аренда подрячĕн усси пысăк, — тет совхоз директорĕ М. Захаров. — Килес çул хăмла лаптăкĕсене пĕтĕмпех арендаторсене шанса пама шутларăмăр.

### Шкул ачисен вăйĕпе

Пăчăрлă Пашъелĕнчи вăтам шкулта кролик тата сысна фермисем пур, унти мĕнпур ĕçсене вĕренекенсем хăйсем пурнăçлаççĕ. Картишĕнче кÿлĕ чавнă, унта караспа карп пуллисем ĕрчетеççĕ. Çывăх вăхăтрах шкулта пысăках мар утар йĕркелеме палăртнă. Вĕллесемпе рамăсене ачасем мастерскойĕнче хăйсемех ăсталаççĕ.

Çакна палăртма кăмăллă: шкул столовăйĕ валли ашкакайпа пахчаçимĕçе вĕренекенсем хăйсем туса илеççĕ.

### Тутар чĕлхипе

Патиреккре чăвашсем, тутарсем тата вырăссем пурăнаççĕ, килĕштерсе ĕçлеççĕ.

Çирĕм çул каялла ялти шкулта тутар чĕлхине вĕрентме пăрахнă пулнă, çавна май çамрăксем пыра-киле тăван чĕлхене те манма пуçланă.

Ялти çынсем, район хаçачĕ çине тăнипе кăçал Патирекри вăтам шкулта çĕнĕрен тутар чĕлхине вĕрентме пуçланă. Ачасен ашшĕ-амăшĕ çакăнпа питĕ кăмăллă. Колхозри ача садĕнче те тутар, чăваш тата вырăс халăхĕсен юрри-сăввине вĕрентес тĕлĕшпе нумай тăрăшаççĕ.

И. САЛАНДАЕВ.

## НЛО: чăнлăх е мираж?

**НЛО (вĕçекен паллă мар объект) феноменĕпе интересленнĕ май, мана Йĕпреçрен килнĕ хыпарсем уйрăмах хумхантарчĕç. Çавна май пĕлтĕрхи декабрĕн 23—24-мĕшĕсенче Йĕпреç районĕнчи Кĕлĕмкасси, Хурамал, Шăрттан ялĕсенче тата Йĕпреç поселокĕнче НЛО пулăмĕсене асăрханă çынсемпе тĕл пулса калаçрăм.**

Энловедсем çирĕплетсе каланă тăрăх, вĕçекен паллă мар объектсем Çĕр çине пурĕ 6 пин хутчен анса ларнă, вĕсенчен пĕр пинĕ Совет Союзĕн территорине аннă. Совет Союзĕнче 150 çынран кая мар НЛО пассажирĕсемпе тĕл пулнă, тесе çырнисене те тĕл пулатăп. Автор тĕпчесе палăртнă тăрăх, çав тĕлĕнтермĕш объектсене Чăваш çĕршывĕнче 1989 çулта 30 яхăн, унччэнхи çулсенче 10 хутчен асăрханă. 1974 çулхи май уйăхĕнче эпĕ хамран пĕр 500 метрта вăтăр метр вăрăмĕш сигара евĕрлĕ объекта куртăм. Вăл Йĕпреç айккинчи «Пучах» пионер лагерĕпе юнашар кăнтăр—кăнтăр-хĕвелтухăçĕнчен çурçĕр — çурçĕр-хĕвелтухăç еннелле вĕçетчĕ. Хĕвел çути те самаях тĕксĕмленчĕ объект çутипе.

Кăçал курнă НЛОсенчен чылайăшĕ вĕçнĕ чухне, е пĕр вырăнта «çакăнса» тăнă чухне курăннă. Вĕсем хушшинче çаврашка, çурчăмăр, «турилкке», виçкĕтеслĕх, тăваткĕтеслĕх (тÿркĕтеслĕх) тата ытти йышши формăллă объектсем пулнă. Пирĕн республикăра та НЛО анса ларнă тĕслĕхсем пур, теççĕ. Хурамалтан Ишеке пилĕк çухрăма яхăн çуран утрăм. Унта декабрĕн 7-мĕшĕнче НЛО аннине нумай çын курнă. Яла пырса кĕрсенех иккĕмĕш çурт хуçисем тепĕр вĕçекен çаврашка çинчен каларĕç. Малтан çавăнта кĕтĕм. 76 çулхи А. С. Семеновăпа 77 çулхи И. С. Семенов — пенсионерсем. Анна Степановнăпа Иван Семенович çапла каласа параççĕ.

— Декабрĕн 22-мĕшĕнче каçхине 16 сехет хыççăн кÿршĕсен пахчи вĕçĕнче (унпа юнашар колхозăн виçĕ пысăк топливо цистерни тата чармак ураллă юпа пур) кантăкран чугун хуран пысăкăш кăвак-шурă çаврашка пирĕнтен пĕр 300 метрта курăнса кайрĕ. Çулçă пек айккинчен айккине сулланать, майĕпен çĕр çине анасшăн. Анать-анать те, кусрап çухалса, малтанхи вырăнах таврăнать. Кăкарса хунă пек каллех сулăна-сулăна каять, каллех анса ларасшăн пулать. Çавăн пек нумай сехет хускалса тăчĕ çаврашка. Хирĕç кÿршĕсене те кайса пĕлтертĕмĕр. 21 сехет хыççăн курăнми пулчĕ.

Ку урамрах пурăнакан 59 çулхи В. Г. Романов (унăн виçĕ ывăлĕ НЛО анса ларнине сăнанă) çакăн çинченех çапла каласа парать:

— Эпĕ те куртăм декабрĕн 22-мĕшĕнче хĕрлĕ чăмăра. 19 сехет тĕлĕнче çĕлĕкрен пысăкрах чăмăр шăвать масар кунче, аяла яр-р! каять — каллех хăпарса çавăнтах тăрать, яр-р! анать те пач! пĕтет, кайран çÿлте тăрать. Хам курман пулсан, ĕненместĕмччĕ.

Ишекри ут картинче ĕçлекенсем те 17 сехет иртсен темиçе каç курнă вăл япалана.

# ЙĔПРЕÇ ТĂРАХĔНЧИ ТĔЛПУЛУСЕМ

Кĕтне лесничествин водителĕ З. В. Романов 10-мĕш класра вĕренекен Н. В. Тимофеевăпа, В. П. Максимовпа (Çĕнĕ Шупашкарти электросварщик), Б. В. Романовпа пĕрле Хум юханшывĕ хыçĕнче хĕрлĕ тĕслĕ пысăк кукăль евĕрлĕ объект анса ларнине асăрханă. Хурамалта почта начальникĕнче ĕçлекен А. В. Тихонова та сăнанă хăй пÿрчĕ патĕнчен çав хĕрлĕ объекта çĕр çине ларнă вăхăтра.

Çакăн пек вăрăм тăваткĕтеслĕ объекта Йĕпреç поселокĕнчи канализаци шывне тасатакан сооруженисем çийĕнче ноябрĕн 7-мĕшĕнче 21—22 сехетсем хушшинче 1-мĕш ача-пăча комбиначĕн картишĕнчен 16—18 çулхи ултă çамрăк сăнанă. Вĕсем — С. Д. Васильев, А. К. Ефремов, А. Н. Мургин, В. А. Матвеев, В. Л. Кириллов тата В. И. Харитонов. Кĕлĕмкасси ялĕнче те («Красный фронтовик» колхоз) вĕçекен çаврашка «çакăнса» тăни çинчен илтнĕччĕ. Сысна фермичче унăн заведующине Н. Н. Никонова тупрăм. Унăн сăмахĕсенчен: «Декабрĕн 10-мĕшĕнче А. С. Федоров кочегар шыв башни патне ĕçлекен насоса чарма утнă. Вăхăт — 17 сехет те 15 минут. Йĕри-тавра çуталса кайнипе вăл хăйĕнчен 30—40 метрта, хĕвеланăçĕнчен шыв башни енне çул тытнă çаврашкана курнă. Аркадий Степанович каялла ферма кантурне чупса кĕчĕ те: «НЛО курма тухăр, вăл башня тăрне ларать ак!» — терĕ. Эпĕ, ферма операторĕ Л. В. Николаев, çаврашкан çурри вырăнĕнчен икĕ енчен темиçе хут хĕрлĕ çутă лайăркисем чăлт! тухрĕç те шар кусран çухалчĕ.

Декабрĕн 12-мĕшĕнче ирхине 6 сехетре Шăрттан ялĕнче К. Д. Ашпатов пенсионер хăйĕнчен аякра çĕр çуммипе Патăръел районĕ енчен Йĕпреç поселокĕ енне шурăрах çаврашка вĕçнине курнă. Декабрĕн 13-мĕшĕнче Йĕпреç больницинче пĕр палатăра выртакан ачасем — Света Орлова, Ирина Мостакова, Сергей Ильин, Валерий Данилов Шăрттан енчен «турилккесем» вĕçеççĕ тенине илтсен (вĕсен чÿречи çуртăн иккĕмĕш хутĕнче, Шăрттан ялĕ унтан обсерваторирен пăхнă пек аванах курăнса ларать), каçхине пĕрерĕн çуршар сехет хураллама калаçса татăлнă. 22—23 сехетсем хушшинче вĕсем кăнтăртан хĕвелтухăçне вĕçекен 3 «турилкке» курнă. Йĕпреçри Маресьев урамĕнче пурăнакан 70 çулхи М. П. Носкова декабрĕн 3-мĕшĕнче ирхине сакăр сехетре хĕвел патĕнчен хĕрлĕрех шупка (икĕ уйăх пек, кашни унран пысăкрах) пĕр-пĕрине юнашар пĕр харăс вĕçекен, икĕ пĕр пек çаврашка асăрханă. Вĕсем больница еннелле сумсăн майĕпен вĕçнĕ. Пĕчĕк Патăръелĕнче пурăнакан В. В. Осипова (ДРСУ бухгалтерĕ) декабрĕн 5-мĕшĕнче 17 сехет хыççăн киле кайма тухсан, Хăмпуç Патăръел енчен хир тăрринче уйăхран пысăкрах шурă-кăвакрах-симĕсрех çаврашка «çакăнса» тăнипе курнă.

М. Т. Бронников — ĕненмесĕрех пурте тухрăмăр, башня патĕнче нимĕн те курмарăмăр. Анчах шурă-кăвак çаврашкана «Канаш — Йĕпреç» çулăн тепĕр енче (башньăран çурçĕр енче) çул хĕррипе лартнă йывăççем тăрринче, çĕр çийĕнчен 3—4 метр çÿллĕшĕнче, хамăртан пĕрер çухрăмра курах кайрăмăр. Пысăкăшĕ — 40—50 сантиметр. Çанталăкĕ уяр, çăлтăрлă, 28—30 градус сивĕччĕ. Уйăх çурçĕр енче тăратчĕ. Уйăх енчен реактивлă самолет вĕçнине куртăмăр, ăна шар хăй çийĕпе ирттерсе ячĕ. Çакăн пек 15—20 минут тăнă хыççăн киле çитсе каласан, унăн упăшки те курса ĕлкĕрнĕ.

Çак тĕлĕнмелле пулăмсем çинчен каласа паракан нумай. Пурне те интереслентерет НЛО феноменĕ, тĕпчевçĕсенчен пурте хурав, ăнлантару кĕтеççĕ. Кам пĕлет? Тен, чăннипех ăстанлă матери тĕслĕхĕсемпе тĕл пулатпăр эпир? Хальхи теорисем тăрăх, ăстăнлă чунсем этем сăнарĕпе çеç мар, ытти формăпа та пулма пултараççĕ. Ытти чĕрчунсен белок никĕсĕпе çеç мар, ăстăнĕ радио, плазма, тĕрлĕрен энерги таллкăш ытамĕпе, куçа курăнман матери никĕсĕпе аталанма пултарнă. Çавăн пек организмсем çĕр евĕрлĕ планетăсем çинче çеç мар, тĕнче уçлăхĕнче те (вĕсене К. Э. Циолковский «эфирные формы жизни» тенĕ) пурăнма пултараççĕ.

Пирĕн республикăра НЛО пулăмĕсене тĕпчекен коллективсем çук. Çавна май республикăри коллекционерсен обществи çумĕнче энловеденипе интересленекенсен ушкăнĕ пуçтарăнма пуçларĕ, секци йĕркелеме шутлаççĕ. А. Л. Акчурин вĕçекен «турилкке» ларнă вырăна çирĕплетсе паракан биолокаци рамкине хатĕрлет. Вĕçекен объектсен пысăкăшне пĕлме те триангуляци меслечĕпе усă курма вĕренмелле вĕсен. Фотоаппаратпа каçхи вăхăтра НЛО ÿкерсе илекенсене сĕнÿ парасшăн. Диафрагмине усă тытмалла, выдержкине 1 çеккунтран 3 çеккунт таран тытмалла, унсăрăн негативĕсем тухмаççĕ (сăнарĕсем мĕлкеллĕ тухнинчен хăрамалла мар).

Хаçат вулакансенчен те пулăшу ыйтасшăн. Сентябрĕн 13-мĕшĕнче каçхине (миçе сехетне юри каламастпăр) Шупашкар çийĕн пилĕк хутлă çуртсенчен 10 метр çÿллĕрех шăйăра шавлă саслă виçĕ виçкĕтеслĕх тĕрлĕ енне куçса вĕçсе çÿренĕ. Хăшпĕр çуртсем çийĕнче чарăна-чарăна тăнă. Нумайăшĕ курма пултарнă ăна. Куракансем автора çак адреспа çырса пĕлтересcе кĕтетпĕр: 428031, г. Чебоксары, ул. Пролетарская, 15, кв. 149.

В. ШУРЫГИН, биолог.

Спорт ——— Спорт ——— Спорт

# Рекорд çумне — «Гран-при»

«СОВЕТ СПОРТСМЕНĔ СЕРГЕЙ АФАНАСЬЕВ ПИРЕН ÇĔРШЫВРИ ÇАМАЛ АТЛЕТСЕНЧЕН КĂÇАЛ ЧИ МАЛТАН ПĔТЕМ ТĔНЧЕРИ «ГРАН-ПРИ» ĂМĂРТУСЕН

сем. Август пуçламăшĕнче Англире Европа кубокĕшĕн (хĕрарăмсен команди — «Кĕмĕл хĕр», арçынсен «Флоренти чашăкĕ» парнесемшĕн ăмăртрĕç) пыракан кĕрешÿре те палăрать

## РСФСРта МАЛА ТУХАССИШĔН

Январĕн 29-мĕшĕнче Пошкар-Олара вунсаккăр тултарман çамрăксем хушшинче йĕлтĕрçĕсен зонăри ăмăртăвĕсем пуçланса иртнĕ. Пирĕн республика чысне унта Çĕнĕ Шупашкарти ачасемпе яшсен шкулĕнче ăста-

Сирĕн ыйтăва

Хăй ĕçĕнче чăн ăста



...рентес тĕлĕшпе нумай тăрăшаççĕ.

И. САЛАНДАЕВ.

...çĕ ывăлĕ НЛО анса ларнипе сăнанă) сакăн çинченех çапла каласа парать:

— Эпĕ те куртăм декабрĕн...

...турне чупса кĕчĕ те: «НЛО курма тухăр, вăл башня тăрне ларать ак!» — терĕ. Эпĕ, ферма операторĕ Л. В. Николаев,...

...пуç Патăрьел енчен хир тăрринче уйăхран пысăкрах шурă-кăвакрах-симĕсрех çавраш-ка «çакăнса» тăнипе курнă.

...Куракансем автора çак адреспа çырса пĕлтересси кĕтетпĕр: 428031, г. Чебоксары, ул. Пролетарская, 15, кв. 149.

В. ШУРЫГИН, биолог.

Сирĕн ыйтăва
мĕнле тивĕçтерессĕ?

## ÇЫНСЕМШĔН ТĂРĂШСА

ВАРНАР. Çирĕм çул ĕçлет магазинта В. Иванова. Юлашки вăхăтра — апат-çимĕç продукчĕсем сутакан магазинта. Тавар туянакансемпе ялан вашават.

Пурте пĕлетпĕр ĕнтĕ, хальхи вăхăтра пылак продуктсем сахалрах. Çапах та Вера патĕнчен печени — премĕк татăлмасть. Иртнĕ эрнере, акă, тăхăр катка повидло тиесе килсе сутрĕ. Хамăр ялсем анчах мар, кӳршĕ ялсем те килсе илчĕç. Райпо складĕнче пĕр вăхăт печени-премĕк пулман. В. Иванова çав кунсенче пĕр машина печени тиесе килчĕ. «Ăçтан тупса килтĕн?» — ыйтаççĕ çынсем. «Печени тунă çĕре çитрĕм. Элĕке кайса килтĕмĕр», — ответлерĕ вăл.

Вера Иванован тивĕçлĕ канăва кайма та çул çитрĕ ĕнтĕ. Анчах юратнă ĕçне пăрахма шутламасть-ха вăл. Таварçаврăнăш планĕсене уйăхсеренех ирттерсе пурнăçлать.

И. СИРОТКИН,
обществăлла корреспондент.
Çĕнĕ Сăрьел ялĕ.

*Хăй ĕçĕнче чăн ăста*

## ПУРНĂÇРИ ВЫРĂН

Хăшĕ-пĕри ĕçĕнтернĕ тăрăх, кашни çынах пĕр-пĕр ĕçре генерал пулма çуралать, анчах та каярахпа пурнăçри хăйĕн чăн вырăнне чылайăшĕ тупаймасть. Шел, паллах. Мĕн ĕмĕтленни пурнăçлансан, пирĕн шăпа епле илемлĕрех те тулăхрах пулмалла. Çакна çирĕплетекен тĕслĕхсем темиçе те илсе кăтартма пулать.

Вăрмарти халăхăн йăла ыйтăвĕсене тивĕçтерекен управленин арçынсен залĕнчи парикмахера Е. О. Ивановăнах илер, акă. Çирĕм çул ытла ĕçлет вăл кунта. Кашни уйăх планнех шанчăклăн тултарса пырать.

Паллах, парикмахерăн ĕç тӳпине вăçнĕ чухне плана мĕн чухлĕ тултарнине кăтартакан шкалапа е цифрăсемпе кăна çырлахма çук. Тĕп ен кунта —пахалăх. Ăна вара халăх хаклать. Вăл ĕçлеме пуçланăранпа Е. Иванова ячĕпе çырнă пĕр çăхав та астумаççĕ йăла управленийĕнче, грамотăсемпе премисем папи çинчен калани вара ун ĕç кĕнекинче кашни йĕркерех.

— Евдокия Осиповна ĕçĕпе пурте кăмăллă, ун пек ĕçчен пирĕн патăрта вăй хунăшăн савăнатпăр кăна эпир, — тет йăла управленийĕн начальникĕ Александра Алексеевна Никифорова.

Çынсем мĕн шутлаççĕ-ха?

— Эпĕ хамăн çӳçе ун патĕнче кăна кастаратăп. Алли ылтăн вĕт ун, хăвăрт тата лайăх касать, — тет çӳç илтерме Арапусĕнчи вăтам шкултан килнĕ В. Дмитриев учитель.

— Парикмахер профессине алла илес тесе, Вăрмар поселокне 1969 çулхи декабрĕн 5-мĕшĕнче килтĕм — аса илет Е. О. Иванова. — Ун чухне кунта вăçĕ уйăхлăх курс йĕркеленĕччĕ. Манăн пĕрремĕш вĕрентекен Н. Матвеева парикмахер пулчĕ. Сăпайлă та кăмăллă хĕрарăм хăй мĕн пĕлнине мана пĕтĕмпех пама тăрăшрĕ.

Калас пулать, çак профессие алла илесоншĕн Евдокия Осиповна хăй те чунтанах тăрăшнă. Çавăн чухне ăнланса илнĕ те ĕнтĕ вăл: ку — унăн пурнăçри ялани вырăнĕ.

— Укĕнместĕр-и халĕ? — ыйтатăп унран.

Кулăшсăр пуçне урăх мĕн çуратма пултарĕ-ши кун пек ыйту. Вăл ĕçре ӳкĕнсе ĕçлес пулсассăн, çӳç каснă чухне аллисем çăмăллăн вылямĕччĕç те, çынсем те ырăпа кăна асăнмĕччĕç.

Пурнăçри вырăн. Шел, пурте тупаймаççĕ ăна. Мухтав ăна тупакансене.

В. ТОЛМАТОВ.
Вăрмар поселокĕ.

Спорт — Спорт — Спорт

# Рекорд çумне — «Гран-при»

**«СОВЕТ СПОРТСМЕНĔ СЕРГЕЙ АФАНАСЬЕВ ПИРЕН ÇĔРШЫВРИ ÇĂМĂЛ АТЛЕТСЕНЧЕН КĂÇАЛ ЧИ МАЛТАН ПĔТĔМ ТĔНЧЕРИ «ГРАН-ПРИ» ĂМĂРТУСЕН ШУЧĔПЕ ИРТТЕРНĔ ТУРНИРТА ÇĔНТЕРНĔ. ФРАНЦИРИ ЛЬЕВЕН ХУЛИНЧЕ ВĂЛ ИРТНĔ ШĂМАТКУН 800 МЕТРА 1 МИНУТ ТА 49,89 ÇЕККУНТРА ЧУПСА ТУХНĂ...»**

ТАСС. Январĕн 29-мĕшĕ.



Унăн ятне халь çăмăл атлетикăна юратакансем çеç мар, спортпа физкультура юхăмне кăшт çеç хутшăнакансем те пĕлеççĕ. Красноармейски районĕнчи Анаткас ялĕнче çуралса ӳснĕ. Районти тата республикăри ăмăртусене Мăн Шетмĕри вăтам шкулта вĕреннĕ чухнех активлă хутшăннă. Вăл хӳтĕленĕ команда 70—80-мĕш çулсенче темиçе хутчен те «Советская Чувашия» тата «Молодой коммунист» хаçатсен парнисене çĕнсе илнĕ.

Шăпах ялти шкултан пуçланнă та пысăк спортăн аллă çулĕ. Виталий Андреевич Семенов тренерпа физкультура учителĕ Эдуард Георгиевич Филиппов пулăшнипе Сергей чупас вăрттăнлăхĕн пĕрремĕш утăмне тăвать. 1981 çулта вăл Ю. А. Гагарина халалласа иртнерĕ Пĕтĕм Союзри кросра çĕнтерет. Виçĕ километрлă дистанцире мала тухнă шкул ачине асăнмалăх наградăна тĕнчери пĕрремĕш космонавтăн амăшĕ Анна Тимофеевна Гагарина панă.

Çакă çĕнĕ çитĕнӳсем тума хавхалантарнă. Тепĕр çултан Сергей Польшăри Лодзь хулине кайнă, пуçласа Пĕтĕм тĕнчери турнирта ăмăртнă. 1983 çулта иртнерĕ Европăри çамрăксен чемпионатĕнче Анаткас качча иккĕмĕш вырăна тухнă, кĕмĕл медаль çĕнсе илнĕ.

Юлашки 7—8 çул хушшинче вуншар тĕрлĕ ăмăртăва хутшăнчĕ пирĕн ентеш. 1986-мĕш тата 1988-мĕш çулсенче, акă, 1.500 метрлă дистанцире ăмăртса, СССР чемпионĕ ятне илчĕ.

1988—1989 çулсенчи стартсем пирĕн ентешшĕн уйрăмах ăнăçлă пулчĕç. Пĕлтĕр çуллахи ăмăртусенче лайăх результатсем пухрĕ Сергей. Совет Союзĕн кубокне икĕ хутчен выляса илчĕ. Анчах та, Олимп командин кандидачĕ пулин те, тĕнче класлă спорт мастерĕ 1988 çулта Сеула лекеймерĕ. Пурнăç пурнăçах çав — спортра та кашниех харпăр хăйĕн вĕренекенне çул пама тăрăшать. Çавна пулах пирĕн ентеш, тин çеç Мускав облаçĕнчи Малаховкăри физкультура институтне вĕренсе пĕтернĕскер, XXIV Олимп вăййисен стартне тухаймарĕ.

Çапах та РСФСР тава тивĕçлĕ тренерĕ В. М. Евстратовпа унăн атлечĕ пуçа усмарĕç.

Пĕлтĕрхи февралĕн 18—19-мĕшĕсенче Голландире çăмăл атлетика енĕпе чемпионат иртнерĕ. Чăваш качча унта виççĕмĕш вырăн йышăннă, бронза медаль çĕнсе илнĕ. Сăмах май каласан, юлашки вунпилĕк çул хушшинче 1.500 метрлă дистанцире совет спортсменĕсем çакнашкал пысăк ăмăртусенче медаль илни пулманччĕ-ха.

Тепĕр икĕ эрнерен — Венгрия, халĕ ĕнтĕ тĕнче чемпионачĕ. Сергей Афанасьев кунта çиччĕмĕш вырăн кăна йышăнать, апла пулин те СССР рекордне çĕнетет. Çĕршывăн 1980 çултанпа тытăнса тăнă хĕллехи рекорчĕ чăваш çамрăкне «парăнать» — 3 минут та 40,02 çеккунт.

Умра çĕнĕ шухăшсем, стартсем. Август пуçламăшĕнче Англире Европа кубокĕшĕн (хĕрарăмсен команди — «Кĕмĕл хĕр», арçынсен «Флоренти чăшăкĕ» парнесемшĕн ăмăртрĕç) пыракан кĕрешӳре те палăрать чăваш качча. Ун çинчен пĕлтĕрхи августăн 8-мĕшĕнче тухнă «Советский спорт» хаçатра çырса пĕлтернĕччĕ.

Великобританире С. Афанасьев иккĕмĕш вырăн йышăнать, совет командине çичĕ очко парнелет. Аста тактика тытса, палăртнинчен лайăхрах результат кăтартнăшăн çĕршыври паллă спорт комментаторĕ Александр Курашов Европа кубокĕшĕн пынă икĕ кунлă кĕрешӳре чăваш качча хушаматне темиçе хутчен те асăнчĕ.

Спорт — Мир посолĕ, теççĕ. Пĕчĕк очеркра Сергей Афанасьевăн хăшпĕр çитĕнĕвĕсем çинчен асăнмарăмăр. Унăн спортри талантне пĕртăван Серафим тата Георгий Знаменскисен пĕтĕм тĕнчери XXX мемориалĕнче (1987 ç.), Э. Рошицкий турнирĕнче тата Пĕтĕм Российăри вуншар ăмăртусенче çĕнтернисем тепĕр хут каласа параççĕ. 1989 çулта кăна вăл вунникĕ тĕрлĕ ăмăртусене хутшăнчĕ. Кашнинчех совет спорчĕн ятне çӳле çĕклеме тăрăшрĕ. Юлташсем те йышлă унăн. Акă, ăна П. Игнатов пăлхар, П. Иван румын, Х. Гонсалес испанец, П. Тибо француз, Д. Наполи итальянец, Б. Зорко югослав тата ытти вуншар спортсмен ăшшăн сывлăх сунаççĕ.

С. Афанасьев прапорщик — СССР Хĕçпăшаллă Вăйĕсен чемпионĕ ятне тăватă хутчен çĕнсе илнĕ.

В. КОНСТАНТИНОВ.

## РСФСРта МАЛА ТУХАССИШĔН

Январĕн 29-мĕшĕнче Пошкарт-Олара вунсаккăр тултарман çамрăксем хушшинче йĕлтĕрçĕсен зонăри ăмăртăвĕсем пулса иртнĕ. Пирĕн республика чысне унта Çĕнĕ Шупашкарти ачасемпе яшсен шкулĕнче ăсталăх пухакансем хӳтĕленĕ, пĕрремĕш вырăн çĕнсе илнĕ. Çĕнĕшупашкарсем РСФСРта мала тухассишĕн иртterекен ăмăртусене малалла хутшăнаççĕ.

## ÇАМРĂКСЕМ ĂМĂРТРĔÇ

Иртнĕ вырсарникун Шупашкарти ботаника садĕнче вунсакăр çултан çамрăкрах яшсем хушшинче йĕлтĕрпе чупассипе зонăри ăмăртусем пулчĕç. Тăватă район йĕлтĕрçисем вăй виçрĕç унта.

Шупашкар районĕн чысне Анат Кĕнерти вăтам шкул ачисем хӳтĕлерĕç, пĕрремĕш вырăна тухрĕç. Иккĕмĕшпе виççĕмĕш вырăнсенче — Шупашкарти Калинин районĕнчи 4-мĕш профтехучилище тата Муркаш районĕнчи Москакассинчи вăтам шкул йĕлтĕрçисем.

Уйрăм йĕлтĕрçĕсенчен Анат Кĕнертен килнĕ Дмитрий Зайцевпа унăн командăри юлташĕ Галина Смирнова çĕнтерчĕç.

Çакăн евĕр ăмăртусем вырсарникун ултă зонăра пулса иртнĕ. Вĕсенче мала тухнă командăсем çитес вырсарникун республикăра мала тухассишĕн Шупашкарта ăмăртĕç.

О. ОСИН.

Редактор А. П. КАЗАНОВ.

## ÇАНТАЛĂК

Синоптиксем пĕлтернĕ тăрăх, паян кăнтăрла пирĕн республикăра пĕлĕтлĕ çантăлăк пулать, кăштах юр çăвать, лăпкă тăман вĕçтерет. Çил кăнтăртан 6—11 метр хăвăртлăхпа вĕрет. Сывлăш температури республикăра 0—5, Шупашкарта 2—4 градус сивĕ пулать. Çулсем пăрлакланаççĕ.

Кун тăршшĕ 8 сехет те 32 минут. Хĕвел 17 сехетре анать.

## ТЕЛЕВИДЕНИ

ЮНКУН,
ЯНВАРĔН 31-МĔШĔ
ПĔРРЕМĔШ ПРОГРАММА

6.30 — 120 минут.
8.35 — Сывă-и, музыка.
9.20 — Сулсӳревсĕсен клубĕ.
10.20 — Документлă телефильм.
10.40 — Халăх творчествин «Радуга» телепрограммисен тĕнчери VIII фестивалĕ (Инди).
11.05 — Поэзи минучĕсем.
11.10 «Двенадцать стульев». Тăватă серилле илемлĕ телефильм. 3 сери.
12.30 — Вăхăт. ТСН.
13.00 — «Стариковское дело». В. Шукшин калавĕсем тăрăх лартнă телеспектакль.
15.30 — Документлă телефильм.
15.50 — Концерт.
16.40 — Наука «Вестникĕ».
17.25 — Ача-пăча сехечĕ (акăлчанла).
18.25 — «Коллаж».
18.30 — Вăхăт. ТСН.
19.00 — Телесеанс. Февраль уйăхĕнчи телефильмсем.
19.30 — Мультфильм.
19.40 — «Двенадцать стульев». Тăватă серилле илемлĕ телефильм. 3 сери.
21.00 — Вăхăт. ТСН.
21.30 — Çивĕч ыйтупа илнĕ интервью.
21.40 — Камера тĕнчене пăхать.
22.35 — Литература диалогĕ.
22.55 — П. И. Чайковскин 3-мĕш симфонийĕ.
23.55 — ТСН.

ИККĔМĔШ ПРОГРАММА

8.00 — Ирхи гимнастика.
8.15 — Наукăллă - популярлă фильм.
8.35 — 11.05 — Вĕренӳ передачисем.
11.05 — Наукăллă - популярлă фильм.
11.35 — Вĕренӳ передачи.
12.05 — «Мария». Документлă фильм.
12.45 — Концерт.
13.15 — Документлă телефильм.
13.35 — «Хлеб — имя существительное». Телефильм. 7 сери.
14.40 — Чăвашла калаçма вĕренетпĕр. 7-мĕш урок.
17.00 — Мультфильм.
17.15 — Республика кунĕ (Шуп.).
17.25 — «Волшебная нить». Документлă фильм. (Шуп.).
17.45 — Республика кунĕ (Шуп.).
18.00 — Советсен влаçĕ — халăх влаçĕ. Чăваш АССР халăх депутачĕсен кандидачĕсемпе иртнерĕ тĕлпулу.
18.30 — Вăхăт. ТСН. (сурдокусарупа).
19.00 — Тăван сăмах — чăваш чĕлхи. «Ах, çав кунчĕклĕ кĕпе...» Кăларăмра — йăла-йĕрке тата сăмахлăх ыйтăвĕсем. (Шуп.).
20.00 — Ырă каç пултăр, ачасем!
20.15 — Мечĕкпе хоккейла выляссин «Советская Россия» хаçат парнине çĕнсе илессишĕн иртtерекен тĕнчери турнир. Финал. Новосибирскран.
21.05 — Таллинн передачи.
21.30 — «Не буду гангстером, дорогая». (Литва киностудийĕ).
22.40 — Концерт. Свердловскран.

## РАДИО

ЮНКУН,
ЯНВАРĔН 31-МĔШĔ

6.15 — «Столица курьерĕ». Шупашкар çыннисем валли.
6.30 — Çĕнетӳ радиостанцийĕ. «Виç минутсăр сур сехет». Программăра — РСФСР халăх депутатне суйлама тăратнă кандидат. Чăваш государство университечĕн доценчĕ Г. В. Васильев панă интервью. Халăх мĕн вуласшăн, мĕн пĕлесшĕн, курасшăн? Социологи тишкерĕвĕ. КПСС обкомĕн идеологи пайĕн инструкторĕ Н. А. Галкин каласа парать. 7.00 — 7.15 — Мускав передачисем 7.15 — 7.30 — Республика хаçачĕсене пăхса тухни. Пĕлтерӳсем. 16.30— 17.30 — «Мы вам споем» (стерео). 18.00 — Çĕнĕ хыпарсем. 18.12 — «Ĕçлессĕм, юрлассăм килет». Патăрьел районĕнчи Алманчăри халăх хорĕ çинчен. 18.30 — Республика хыпарĕсем. 18.40 — 19.45 — Мускав передачисем. 19.45 — Профсоюз тата пурнăç. Улшăну пур-и? 19.55 — 20.45 — «Çамрăксен клубĕ».

## ТЕАТР

К. В. ИВАНОВ ЯЧĔПЕ ХИСЕПЛЕНЕКЕН ЧĂВАШ ГОСУДАРСТВО АКАДЕМИ ДРАМА ТЕАТРĔ — январĕн 31-мĕшĕнче «Саламби» пьеса, февралĕн 1-мĕшĕнче «Качча каяссăм килет» комеди.

ЧĂВАШ ГОСУДАРСТВО МУЗЫКА ТЕАТРĔ — февралĕн 1-мĕшĕнче «Тысяча и одна ночь» балет, февралĕн 2-мĕшĕнче «Шывармань» опера.

РЕСПУБЛИКĂРИ ВЫРĂС ДРАМА ТЕАТРĔ — январĕн 31-мĕшĕнче «Женский стол в «Охотничьем зале» трагикомеди.

Спектакльсем 19 сехетре пуçланаççĕ.

## КИНО

«СЕСПЕЛЬ» — Кăвак зал: «Однажды в Америке» — 9.00, 15.00, 19.00; «Боны и покой» 13.00. Кĕрен зал: «Нечистая сила» 9.00, 11.40, 14.30, 17.15, 20.00. Кинозал: «Маси» — 16.00, 18.00, 20.00.

«ОКТЯБРЬ» — «Хон Гиль Дон» — 9.00; «Нечистая сила» — 11.10, 13.40, 16.10; «Однажды в Америке» — 18.40.

«ПОБЕДА» — Пысăк зал: «Любовный недуг» — 9.00, 11.45, 14.30, 17.30, 20.00. Вăтам зал: «Дежа вю» — 9.30, 18.00; «Белая кость» — 12.00, 20.30; «Влюбленный мужчина» — 16.00; «Стеклянный лабиринт» — 14.00. Пĕчĕк зал: «Леди Макбет Мценского уезда» 9.00, 13.30, 21.00; «В крайнем случае я тебе ничего не скажу» 11.00, 15.30, 18.30.

ПИРĔН АДРЕС: 428019, г. ЧЕБОКСАРЫ, пр. ИВАНА ЯКОВЛЕВА, 13. ДОМ ПЕЧАТИ, III ЭТАЖ.

ТЕЛЕФОНСЕМ: редактор — 21-00-67; редактор заместителĕсем — 21-04-17 тата 21-20-07; ответлă секретарь — 21-04-26; секретариат — 25-13-01; парти пурнăç пайĕ — 21-08-61 тата 25-13-24; идеологи пайĕ — 21-03-54 тата 25-13-18; промышленность, строительство тата транспорт пайĕ — 21-33-64, 25-13-04 тата 25-13-81; агропромышленность пайĕ — 21-08-62, 25-13-10, 23-13-05; советсен ĕçĕпе социаллă пурнăç пайĕ — 21-03-04 тата 25-13-06; культура пайĕ — 21-08-56 тата 25-13-02; çырусемпе обществăлла корреспондентсен пайĕ — 21-05-21, 25-13-07 тата 29-76-22; информаципе спорт пайĕ — 21-22-31 тата 25-13-09; фотокорреспондент — 21-45-94; хамăр корреспондентсем — 3-24-91 (Канаш), 2-10-54 (Елчĕк), 4-34 (Етĕрне) тата 2-26-30 (Сĕнтĕрвăрри); издательство директорĕ — 21-00-23; пĕлтерӳсен пайĕ — 21-14-89 тата 29-76-89; «Вестник недели» редакцийĕ — 21-04-39; бухгалтери — 21-45-86; Чăваш АССР Журналистсен союзĕн правленийĕ — 25-13-83; хаçатăн обществăлла приемнăйĕ — 21-22-94.

Хаçат тунтикунсăр пуçне куллен тухать.

НТ 35081. Индекс газеты — 54800. Типография издательства Чувашского обкома КПСС, г. Чебоксары, пр. Ивана Яковлева, 13. Высокая печать, объем 2 печ. листа. Тираж 72.000 экз. Заказ № 519.